ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛĔШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул август 26 юнкун № 167 (9076) 36-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



## Агитаци ĕçлĕхлĕ те витĕмлĕ пулмалла

Пирĕн аслă Тăван çĕршыв коммунизм обществи тумалли çулпа анăçлăн малалла пырать. Коммунистсен партийĕпе Совет правительствин политики социализмла халăх хуçалăхне вĕçĕмсĕр çĕклентерсе малалла аталантарас, ĕççыннисен материальнăй пурнăçне лайăхлатас тата культурăлла шайне ӳстерес тĕллев тытать. Çак политика СССР Верховнăй Совечĕ 1953 çулхи Государство бюджечĕ çинчен тата Ялхуçалăх налогĕ çинчен йышăннă законсенче яр-уççăн палăрса тăрать. СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков юлташ СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕнче каланă сăмахра партипе правительство промышленноçпа ялхуçалăх енĕпе вăраха ямасăр пурнăçлама палăртнă ĕçсем çинчен пĕлтерчĕ. Çак ĕçсене пурнăçлани тĕп задачăна — рабочисен, колхозниксен, интеллигенци, мĕнпур совет çыннисен пурнăçне малалла лайăхлатса пырас задачăна тата анăçлăрах татса пама пулăшать.

Пирĕн çĕршыв умĕнче хуçалăхпа культура строительстви тĕлĕшпе тăракан пысăк задачăсем совет çыннисене тата лайăхрах ĕçлеме, резервсемпе туллин усă курма, ĕç тухăçлăхне ӳстерме хушаççĕ. Çакăн пек тăвас тесен, кашни ĕççынни партипе правительство политикине тĕплĕн ăнланса илни кирлĕ. Совет çыннисем парти политикине мĕн чухлĕ лайăхрах ăнланаççĕ, ăна пурнăçа кĕртессишĕн çавăн чухлĕ активлăрах кĕрешеççĕ, çавăн чухлĕ хуçалăхпа культура строительстви анăçлăрах пулса пырать. Ĕççыннисене коммунизмла воспитани памалли хăватлă майсенчен пĕри вăл—политикăлла агитаци пулса тăрать. Политикăлла агитаци ĕççыннисене партипе правительство тытса пыракан шалти тата тулашри политикăна тарăнăн ăнланса илме пулăшмалла, халăх вăйне çак политикăна пурнăçлама мобилизацилемелле. Пирĕн агитацин вăйĕ—вăл пурнăçпа таччăн çыхăнса тăнинче, тĕрĕс, витĕмлĕ пулнинче. Ăста политикăлла агитацие лайăх йĕркеленĕ, ăна куллен, тĕплĕн, витĕмлĕн туса пыраççĕ, ăна умра тăракан политикăллахуçалăхла задачăсемпе таччăн çыхăнтараççĕ, çавăнта производство планĕсене анăçлă тултараççĕ, ĕç тухăçлăхĕ ӳсет, продукци пахалăхĕ лайăхланать, унăн хăйне ларакан хакĕ тăтăшах чакать. Тĕслĕхрен, Шупашкарти электроаппаратура заводĕнчи партком, цехсенчи парторганизацисем политикăлла агитаци ĕçĕпе куллен интересленеççĕ, агитколлективсемпе агитаторсен ĕçне хутшăнаççĕ, вĕсене тăтăшах инструкцилесе тăраççĕ, агитацилле-массăлла ĕçе производствăн тĕп участокĕсенче вăйлатса пыраççĕ. Çакă вăл завод коллективĕн ĕçне чылай лайăхлатма пулăшать. Электроаппаратура заводĕ кварталтан кварталах производство планне тултарса пырать, СССР Электропромышленноçпа электростанцисен министерствипе ВЦСПС-ăн куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавне хăйĕн аллинче çирĕппĕн тытса тăрать.

Анчах нумай предприятисенче, колхозсенче, машина-трактор станцийĕсенче агитацилле-массăлла ĕçĕн шайĕ, унăн анлăшĕ, идейăлла содержанийĕ умра тăракан задачăсен çӳллĕшĕнче тăмасть-ха. Тĕслĕхрен, Вăрнар районĕнчи чылай колхозсенче тата МТС-ра агитацилле-массăлла ĕçе юхăнтарса янă. Райком бюровĕ тата унăн секретарĕсем Александров, Шлюпкин, Амвросьева юлташсем çак ситменлĕхе курмаççĕ, унпа килĕшсе лараççĕ, агитколлективсемпе агитаторсен ĕçне ертсе пымаççĕ. Вĕсем агитколлективсене ертсе пырас ĕçе пĕтĕмпех пуçламăш парторганизаци секретарĕсене шанса панă. Çавăн пирки те ĕнтĕ уйрăм агитколлективсем тырпул пухса кĕртнĕ, государствăна тырă панă çĕрте ĕçлекен колхозниксемпе механизаторсем хушшинче политикăлла агитацие тивĕçлипе сарса яман. Чапаев ячĕпе тăракан колхозра агитаторсенчен çурри ытла нимĕн те тумасть. Чылай агитколлективсенче агитациллемассăлла ĕç хаçатсем вуласа панипех иртсе каять. Агитаторсем каласусем иртермеççĕ, Коммунистсен партийĕпе Совет правительствин политики çинчен ситлĕксĕр ăнлантарса параççĕ, колхоз производствинче малта пыракан колхозниксен лайăх опытне пĕтĕçтермеççĕ, вăл опыта колхозниксем хушшинче сармаççĕ, обязательствăсене мĕнле пурнăçласа пыни çинчен калаçа памаççĕ. Район хальхи вăхăтра ялхуçалăх ĕçĕсене пурнăçлас тĕлĕшпе кая юлса пыни, чылай енчен, политикăлла агитацие ситлĕксĕр йĕркеленинчен килет.

Агитаци ĕçĕнчи пысăк ситменлĕхсенчен пĕри вăл—предприяти, колхоз пурнăçĕнчи ыйтусене айкинелле пăрса хăварни пулать.

Политикăлла агитаци государствăпа ĕç дисциплинине тĕреклетессишĕн кĕрешес çĕрте пысăк вырăн йышăнса тăмалла. Çав вăхăтрах агитаци ĕçĕнче çак ыйтусем çине тивĕçлипе пăхни çук-ха. Политикăлла агитаци ĕççыннисене ĕç çине, обществăлла харпăрлăх çине социализмла пăхма, революцилле сыхăлăха ӳстерме пулăшмалла.

Политикăлла агитацие организацилес ĕçри пысăк ситменлĕх вăл формализм пулать. Хăшпĕр районсенче парти организацийĕсем каласусен, докладсен, лекцисен шучĕпе ытларах интересленеççĕ, çав вăхăтрах вĕсен содержанийĕ çинчен манаççĕ. Агитаци çине кампанилле пăхас йĕркене те пĕтермен-ха эпир. Академи театрĕнчи пуçламăш парторганизацин отчетпа суйлав пухăвĕнче палăртнă тăрăх, агитаторсем ĕççынни депутачĕсен вырăнти Совечĕсен суйлавĕ хыççăн ĕççыннисем хушшинче ĕçлеме пăрахнă.

КПСС райкомĕсемпе хула комитечĕсен чылай работникĕсем агитаторсем иртterекен каласусенче, докладсенче пулмаççĕ, каласусемпе докладсен содержанийĕпе интересленмеççĕ, хăшпĕр докладчиксемпе агитаторсем уйрăм ыйтусене час-часах йăнăш ăнлантарса панине курмасăр, асăрхамасăр иртеççĕ, вăл йăнăшсем пирки шарламасăр тăраççĕ. Политикăлла агитаци содержанийĕ çинчен парти комитечĕсем сайра-хутра кăна сӳтсе яваççĕ.

Ĕççыннисем хушшинче агитаци ĕçне лайăхлатса пырасси, унăн идейăлла шайне малалла хăпартасси, чи малтан, агитаторсенчен, вĕсене куллен воспитани парса пынинчен килет. Анчах чылай парторганизацисем агитаторсене суйласа илес тĕлĕшпе тивĕçлипе ĕçлемеççĕ, агитаци туса пыма ситлĕксĕр хатĕрленнĕ çынсене хушаççĕ, агитаторсен семинарĕсене иртермеççĕ. Тĕслĕхрен, Октябрьски районĕнчи агитколлективсенче агитаторсен семинарĕсене ăнсăртран кăна иртереççĕ. Чылай районсенче агитаторсен пухăвĕсене сайра иртереççĕ.

Политикăлла агитаци ĕçне ертсе пыракан кадрсене çаплах ситлĕксĕр хутшăнтараççĕ. Уйрăм работниксем, докладсене тĕплĕн хатĕрленес вырăнне, ытти çынсем çырса панă тăрăх «доклад» тăваççĕ, тĕрĕсрех каласан, çынсем çырнă хатĕр шухăшсене вуласа параççĕ. Паллах, ун пек докладсенче вырăнти фактсене анализ тăвасси çинчен сăмах та пулма пултараймасть. Çакнашкал докладсем чĕре патне пымаççĕ. Уйрăм руководительсем политикăлла агитаци çине çакăн пек чунсăр пăхни вăл пирĕн партин традицийĕсемпе нимĕн чухлĕ те çыхăнса тăмасть, вăл парти интересĕсене сиен кӳрет кăна.

Политикăлла агитаци пĕтĕм халăха, халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсенчи работниксене, халăхăн тĕрлĕ сийĕсене пырса тивет. Çакă вăл парти организацийĕсене агитаци ĕçне вăйлатма, унăн организациллĕхне ӳстерме хушать. Агитаци халăх хуçалăхĕн тĕрлĕ отраслĕсенче ĕçлекен мĕнпур работниксене, вĕсен тĕрлĕ ыйтăвĕсене тивĕçтерме пултартăр. Агитаци ĕçне строительство организацийĕсенче, машина-трактор станцисенче, вăрман промышленность предприятийĕсенче, фабрикăсемпе заводсенчи каçхи сменăсенче татăклăн вăйлатни кирлĕ. Калас пулать, халлĕхе хуçалăхăн çак отраслĕсенче агитаци ĕçĕ çаплах ытла та ситлĕксĕр тăрать-ха.

Политикăлла агитаци вăл ячĕшĕн тумалли ĕç мар, парти политикине пурнăçа кĕртессишĕн кĕрешмелли хĕçпăшал. Ку вăл акă мĕне пĕлтерет: агитаци парти ĕçĕн, парти организацийĕсен хуçалăхпа культура строительствине ертсе пырас ĕçĕн уйрăлми пĕр пайĕ пулса тămалла.

Хальхи вăхăтра политикăлла агитаци ĕçĕнче тĕп вырăнта тăракан задача вăл ĕççыннисене пирĕн партипе правительствăн политики çинчен, СССР Верховнăй Совечĕн решенийĕсем çинчен тĕплĕн ăнлантарса парасси, ĕççыннисен анлă массисене хуçалăхпа культура строительствин планĕсене пурнăçлама мобилизацилесси пулать.

Ялти агитаторсен уйрăмах тырпул пухса кĕртес, государствăна ялхуçалăх продукчĕсем парса татас ĕçе хăвăртрах вĕçлесе ситерессишĕн кĕрешесси çине тимлĕн пăхмалла. Хулари агитаторсен, политикăлла агитацин мĕнпур формисемпе анлăн усă курса, ĕç тухăçлăхне ӳстерессишĕн, продукцин хăйне ларакан хакне чакарассишĕн, суту-илӳ предприятийĕсен ĕçне лайăхлатассишĕн, çурт-йĕр, культурăпа йăла строительствин программине пурнăçлассишĕн кĕрешмелле.

Парти организацийĕсем енчен политикăлла агитацие куллен-кун, конкретлă ертсе пыни, унăн идейăлла шайне хăпартни, çапла вара коммунизмшăн кĕрешес ĕçре Коммунистсен партийĕн аллинче хăватлă хĕçпăшал пулса тăракан агитаци витĕмлĕхне ӳстерни кирлĕ.

## РСФСР Верховнăй Совечĕн 1953 çулхи августăн 25-мĕшĕнче пулнă ларăвĕ çинчен ИНФОРМАЦИЛЛĔ ПĔЛТЕРӲ

Августăн 25-мĕшĕнче, каçхине 7 сехетре, Кремльте, Кремльти Пысăк дворецра, РСФСР Верховнăй Совечĕн виççĕмĕш сессийĕ уçăлнă.

Сессие РСФСР Верховнăй Совет Председателĕ **Л. Н. Соловьев** депутат уçнă.

РСФСР Верховнăй Совечĕ Мандат комиссийĕн председателĕ **И. Т. Гришин** депутат РСФСР Верховнăй Советне пилĕк суйлав округĕнче тухса ӳкнĕ депутатсем вырăнне çĕнĕрен суйланă депутатсен полномочийĕсене тĕрĕслени результачĕсем çинчен тунă доклада итленĕ.

**В. И. Пономарев** депутат сĕннипе Верховнăй Совет Мандат комиссийĕн докладĕ тăрăх çакăн пек постановлени йышăннă:

«Россия Советлă Федеративлă Социализмлă Республикин Верховнăй Совечĕ çапла йышăнать:

1. РСФСР Верховнăй Совечĕн Мандат комиссийĕн докладне çирĕплетес.

2. Россия Советлă Федеративлă Социализмлă Республикин Верховнăй Советне 184-мĕш Сковородински суйлав округĕ тата 495-мĕш Сталински суйлав округĕ тăрăх 1952 çулхи июнĕн 15-мĕшĕнче, 92-мĕш Ломоносовски суйлав округĕ тата 579-мĕш Рославль суйлав округĕ тăрăх 1952 çулхи октябрĕн 26-мĕшĕнче, 162-мĕш Енисейски суйлав округĕ тăрăх 1953 çулхи февралĕн 22-мĕшĕнче суйланă депутатсен полномочийĕсене тĕрĕс тесе йышăнас».

РСФСР Верховнăй Совечĕн Председателĕ **Л. Н. Соловьев** депутат сессире пăхса тухма çакăн пек ыйтусем тăратни çинчен пĕлтерет:

1. Россия Советлă Федеративлă Социализмлă Республикин 1953 çулхи Государство бюджетне тата РСФСР-ăн 1951 тата 1952 çулсенчи Государство бюджетне пурнăçлани çинчен калакан отчета çирĕплетесси.

Ку ыйтăва РСФСР Министрĕсен Совечĕ тăратать.

2. РСФСР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн Указĕсене çирĕплетесси.

Ку ыйтăва РСФСР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ тăратать.

**Н. И. Бобровников** депутат сĕннипе Верховнăй Совет, пурте пĕр саслă пулса, çав ыйтусене сесси кун йĕркине кĕртнĕ.

Унтан Председатель РСФСР-ăн 1953 çулхи Государство бюджечĕ тата РСФСР-ăн 1951 тата 1952 çулсенчи Государство бюджетне пурнăçлани çинчен доклад тума РСФСР Финанс министрне **И. И. Фадеев** депутата сăмах панă.

**Фадеев** юлташăн докладĕ хыççăн Верховнăй Совет РСФСР Верховнăй Совечĕн Бюджет комиссийĕн председателĕ **С. П. Афанасьев** депутат тунă содоклада итленĕ.

Çакăнпа РСФСР Верховнăй Совечĕн пĕрремĕш ларăвĕ хупăннă.

## Çу завочĕсем çĕнĕ сезон умĕн

Çĕршыври çу завочĕсем кăçал пухса илнĕ ӳсентăран вăрринчен çу кăларма тытăнаççĕ. Молдаван ССР-ĕнчи тата Краснодар крайĕнчи предприятисем хĕвелçаврăнăш йышăнма тытăннă. Вĕсем сентябрь уйăхĕсенче малтанхи продукци параççĕ.

СССР Çăмăл тата апат-çимĕç промышленность министерствин Главрасжирмасло начальникĕ Науменко юлташ ТАСС корреспондентне пĕлтернĕ тăрăх, çитес сезонта çу çапакан çĕнĕ заводсем, çу комбиначĕсем, цехсем ĕçлеме пуçлаççĕ.

Узбек ССР-ĕнче Усть-Курганри çу завочĕ ĕçлеме тытăннă. Бухарара çĕнĕрен туса лартнă çу завочĕ ĕçлеме пуçлать. Сталинград, Воронеж облаçĕсенчи тата ытти вырăнсенчи предприятисене çĕнетсе пысăклатаççĕ.

Ӳсентăран çăвĕн пахалăхне лайăхлатасси çине уйрăмах тимлĕн пăхаççĕ. Днепропетровскинчи çу комбинатĕнче, Одессăри, Кировоградри, Миллеровори, Кропоткинскри тата ытти вырăнсенчи çу завочĕсенче чĕртавара лайăх тасатма тата пĕрремĕш сортлă çусем кăларма пулăшакан цехсем туса лартнă.

Пысăк пахалăхлă маргарин çăвĕ туса кăларасси ӳсет. Витаминлă маргарин çăвĕсем, çавăн пекех диета, шоколад çăвĕсем туса кăларма тытăнаççĕ. Ку йышши çусен калорилĕхĕ тата тутлăхĕ пысăк. Çĕнĕ сортлă майонезсем туса кăларма тытăнаççĕ. Майонез—аш, пулă, пахчаçимĕç апачĕсене тутă кĕртет.

Вăрçă̆ченхи вăхăтрипе танлаштарсан, пысăк пахалăхлă маргарин туса кăларасси виçĕ хута яхăн ӳснĕ. Саратовра, Сталинградра. Ереванре, Ташкентра, Свердловскра, Хабаровскра тата ытти хуласенче те маргарин комбиначĕсемпе предприятийĕсем туса лартаççĕ. Цехсем поток тăрăх ĕçлеме пуçлаççĕ. Çакă вăл продукци пахалăхне лайăхлатать тата унăн хăйне ларакан хакне йӳнетет (ТАСС).

## ХИСЕП ХĂМИ

**Райисполкомсемпе КПСС райкомĕсем тăратнă тăрăх, тырпул пухса кĕртес тĕлĕшпе анăçлă ĕçленĕшĕн тата государствăна тырă памалли обязательствăсене срокчен пурнăçланăшăн Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обкомĕн бюровĕ çак колхозсемпе совхозсене республикăри Хисеп хăми çине кĕртме йышăннă:**

### ЕТĔРНЕ РАЙОНĔ ТĂРĂХ

6. Государствăн лаша вити (директорĕ М. И. Мельников юлташ, парторганизаци секретарĕ Н. С. Степанов юлташ).

7. Ленин ячĕпе тăракан колхоз (председателĕ М. Г. Григорьев юлташ, парторганизаци секретарĕ Я. Т. Трофимов юлташ).

8. Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз (председателĕ В. А. Гладков юлташ, парторганизаци секретарĕ Н. А. Кириллов юлташ).

### КУВАКИНО РАЙОНĔ ТĂРĂХ

9. «Новь» колхоз (председателĕ Д. С. Келин юлташ, парторганизаци секретарĕ Н. И. Филатов юлташ).

### ТАВАЙ РАЙОНĔ ТĂРĂХ

10. «25-е октября» колхоз (председателĕ П. Л. Ларионов юлташ, парторганизаци секретарĕ И. Я. Ерасов юлташ).

### ИШЛЕЙ РАЙОНĔ ТĂРĂХ

11. «Большевик» колхоз (председателĕ З. Т. Семенов юлташ, парторганизаци секретарĕ Е. С. Семенов юлташ).

### ШУПАШКАР РАЙОНĔ ТĂРĂХ

12. Хрущев ячĕпе тăракан колхоз (председателĕ А. П. Лямасов юлташ).

13. Калинин ячĕпе тăракан колхоз (председателĕ К. И. Игнатьев юлташ, парторганизаци секретарĕ В. М. Максимов юлташ).

14. «Красный флот» колхоз (председателĕ П. Г. Григорьев юлташ, парторганизаци секретарĕ И. А. Гаврилов юлташ).

15. Ильич ячĕпе тăракан колхоз (председателĕ И. П. Агеносов юлташ).

### ЙĔПРЕÇ РАЙОНĔ ТĂРĂХ

16. «Заря» колхоз (председателĕ Ф. Ф. Асанов юлташ, парторганизаци секретарĕ В. В. Морозов юлташ).

## Машинăсемпе ĕçлесе

ЧКАЛОВСКИ. Молотов ячĕпе тăракан колхоз тырпул пухса кĕртес ĕçре малтанхи кунсенче юлса пыратчĕ. Ытти колхозсем тырпула ытларах машинăсемпе пухса кĕртме тăрăшнине курсан, ку колхозра та машинăсемпе нумайрах усă курасси çинчен ыйту лартрĕç. Уйрăммăнах 3-мĕш бригада (бригадирĕ Г. Филиппов юлташ) машинăсемпе ĕçлесе пысăк утăм турĕ. Вăл жнейкăпа ĕçлеме пултаруллă, техникăна юратакан А. Кувшиновпа И. Янин юлташсене хушрĕ. Вĕсем 4,5 гектар вырăнне 6—7-шер гектар выраççĕ. В. Степановпа А. Дергунов юлташсем те нормăна иртерсе тултарма тытăнчĕç.

Уй-хир ĕçне тухакан колхозниксен хисепĕ те ӳсрĕ. Халĕ уй-хирте куллен 170—180 колхозник ĕçлет. Колхозăн 621 гектар çинчен тĕштырă пухса кĕртмелле пулсан, августăн 20-мĕшĕ тĕлне 470 гектар вырнă. Тырпул пухса кĕртес ĕç хăвăртланнăçемĕн хăвăртланать.

Комбайнер З. Гайнуллин «С-6» комбайнпа 10 гектар вырăнне 25—30-шар гектар вырать. Машинăсемпе пĕлсе ĕçлени колхоза кайри вырăнтан районти колхозсем хушшинче виççĕмĕш вырăна йышăнма май пачĕ.

Колхозра ытти ĕçсем те анăçлă пулса пыраççĕ. Государствăна обязательнăй йĕркепе тырă памалли плана тултарнă, халĕ МТС ĕçĕшĕн натуроплата шучĕпе тырă леçеççĕ.

И. ТАРАСОВ.

### Республикăри хуласемпе район центрĕсенче

## Ӳсет, чечекленет Элĕк

Шупашкартан килекен мăн çул çинчен йывăçсем ăшне путнă çуртсем инçетренех курăнса лараççĕ. Ку вăл—Элĕк, районĕн центрĕ.

Элĕке Вăрнар, Калинино, Советски районĕсемпе тата республика столиципе Шупашкарпа виçĕ шоссе çулĕ çыхăнтарса тăрать. Çулсене лайăхлатма, кирек мĕнле çанталăкра та, çулла та, хĕлле те машинăсемпе çӳремелле тума ĕççыннисем хытă тăрăшаççĕ.

Культурăланса ӳссех пырать Элĕк. Кунта юлашки çулсенче çĕнĕ çуртсем нумай туса лартнă. И. Я. Яковлев ячĕпе тăракан вăтам шкулăн, район Совечĕн, парти райкомĕн, Культура çуртĕн икĕ хутлă çуртĕсем, больницăн, инкубатор станцийĕн, çыхăну кантурĕн пысăк çуртĕсем куça илĕртеççĕ. Район центрĕнчи рабочисемпе служащисене пурăнма 66 хваттер туса лартнă.

Район центрĕнчи радиоузел таврари Киров ячĕпе, Жданов ячĕпе тăракан, «Правда», «Дружба» колхозсенчи колхозниксен килĕсене Мускав, Шупашкар сассисене çитерет.

Элĕкре пурĕ тăватă библиотека. Вĕсенче кĕнекесен хисепĕ 30 пин ытла шутланать.

Элĕкри вăтам шкулта çулсерен 500—600 ача вĕренет. Иртнĕ вĕренӳ çулĕнче Х-мĕш классенчен 59 çамрăк вĕренсе тухнă, вĕсенчен пĕри — ылтăн, тепри — кĕмĕл медальсем илме тивĕçлĕ пулнă. Вăтам шкултан 1933 çултанпа çĕршер çамрăк вĕренсе тухнă. Вĕсем Тăван çĕршывăн хулисенче, стройкăсенче инженерсем, врачсем, учительсем пулса ĕçлеççĕ, Совет Çарĕн офицерĕсем те нумай.

Елĕк Элĕкре икĕ класлă шкул кăна пулнă. Унта пĕтĕмпе те 50—60 ача çеç вĕреннĕ. Элĕк ялĕнчен вара пурĕ те 4 ача кăна шкула çӳренĕ.

Район центрĕнчи больница кашни çулах саралса, кадрсемпе тата оборудованипе пуянланса пырать. Иртнĕ çулсенче кăна çĕнĕ стационар туса пĕтернĕ. Халĕ больницăра 60 койкăллă стационар пур, 7 врач, 18 вăтам специальность илнĕ медицина работникĕ ĕçлет. Кунта амбулатори, куç кабинечĕ, ача çуратмалли уйрăм уçнă. Революциччен Элĕкре больница пулман, фельдшер пунктĕнче пĕр фельдшер тата тăвата койкăллă стационар кăна пулнă. Вĕсем пĕр пĕчĕк çурта вырнаçнă пулнă.

Машина-трактор станцийĕ çулсеренех çĕнĕ техникăпа пуянланать. Халĕ МТС-ра комбайнсем, «ДТ-54» йышши тракторсем, тĕрлĕрен машинăсем нумай. МТС колхозсенчи ялхуçалăх ĕçĕсен 80—85 процентне механизацилет.

Революциччен Элĕкре культура çурчĕ, кино çинчен илтмен те. Халĕ культура çуртĕнче 500 çын вырнаçмалăх зал пур. Кăçал культура çурчĕ духовой оркестр валли инструментсем туянчĕ. Кунтах ĕççыннисем куллен çĕнĕ кинокартинăсем кураççĕ, лекцисемпе докладсем итлеççĕ.

Район центрĕнче суту-илӳ вăйланнă май магазинсемпе ларексем те йышлансах пыраççĕ. Кăçал кăна икĕ магазин тата пĕр ларек уçăлнă. Халĕ кунта сакăр магазин, виçĕ ларек, чайнăй, закусочнăй пур. Магазинсемпе ларексем, 1951 çулхипе танлаштарсан, 12 процент ытларах таварсем сутнă. Кăçал ĕççыннисем велосипедсем, çĕвĕ машинисем, радиоприемниксем, сехетсем, патефонсем, кĕпетумтир, хаклă йышши пусма тавар нумай туяннă.

Район центрĕнчи ĕççыннисен ыйтăвĕсене тивĕçтерме атă-пушмак юсамалли, çĕвĕ çĕлемелли мастерскойсем, парикмахерски, коммунальнăй мунча ĕçлет.

Кăçал район центрĕнче çĕнĕ инкубатор станцийĕ туса пĕтерсе ĕçе яни районти колхозсенче чăх-чĕп ĕрчетес ĕçе пысăк пулăшу парать. Иртнĕ çулсенче чăх-чĕп, хур-кăвакал чĕпписене Вăрнартан кӳрсе килнĕ. Ку вăл нумай чăрмав кӳнĕ. Халĕ колхозсем инкубатор станцийĕнчен вуншар пин чăх, хур-кăвакал чĕпписем туянаççĕ.

Çу завочĕ пысăк та çутă çурта вырнаçнă. Вăл кашни çулах Тăван çĕршыва вуншар тонна çу тата ытти продуктсем хатĕрлесе парать.

Район центрĕ лайăхланса пырать. Кунта илемлĕ парк пур. Çав вырăнта 1945 çулта пушă пулнă, нимĕн те ӳсмен. Ун чухне лартнă йывăçсем халĕ лайăх хунаса ӳсеççĕ.

Иртнĕ çулччен район центрĕнче стадион пулман. 1952 çулта çĕнĕ стадион туса пĕтернĕ. Унта çамрăксем волейболла, футболла выляççĕ, спорт ăмăртăвĕсем иртереççĕ.

Район центрĕнчен инçех те мар çамрăк вăрман хĕрринче сĕт-çу-кантăр завочĕн çĕнĕ корпусĕсем ӳсеççĕ. Халĕ строительсем заводăн тĕп корпусне, столовăйпа завод кантурĕн, гараж, механически мастерской çурчĕсене купаласа пĕтернĕ, рабочисемпе служащисене пурăнма стандартлă сакăр çурт лартнă. Электростанци тăваççĕ. Вăл район центрне электричество пама пултарать.

Элĕк хăвăрт ӳссе пысăкланать, аталанать. Ситес çывăх вăхăтрах кунта типовой пекарня пулмалла. Халĕ ун валли хĕрсех строительство материалĕсем турттараççĕ.

Савăнăçлă, хаваслă пурнăçпа пурăнаççĕ Элĕкри ĕççыннисем. Кашни хваттер, кашни кил, учреждени кантăкĕсенче илемлĕ чечексем, чĕнтĕрленĕ чаршавсем курăнаççĕ. Ĕççыннисем район центрне тата илемлĕрех, культурăллăрах тăвассишĕн вăл-хĕрлĕнмесĕр ĕçлеççĕ. Вĕсене çĕнĕ стройкăсенче, паха çулсем тунă çĕрте курма пулать.

А. МЕШКОВ.
И. ЧИРКОВ.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Элĕкри çыхăну уйрăмĕн çурчĕ (сулахайри); И. Я. Яковлев ячĕпе тăракан шкул. П. ЕФРЕМОВ фотоӳкерчĕкĕ.

# Тырпула хăвăртрах пуçтарса кĕртер, государствăна тыра памалли обязательствăна срокчен пурнăçлар!

## Государствăна—тырă

МУРКАШ. Районти колхоз ĕçченĕсем, СССР Верховнăй Совечĕн V-мĕш сессийĕн решенийĕсемпе тата СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков юлташ сессире тухса каланă сăмахпа хавхаланса, Тăван çĕршыв умĕнчи чи пирвайхи тивĕçе—государствăна тырă памалли плана срокчен тултарассишĕн ырми-канми тăрăшса ĕçлеççĕ. Государствăна тырă памалли плана срокчен тултарассишĕн пыракан ăмăртура «Красное Сормово», Сталин ячĕпе тăракан тата «Авроря» ялхуçалăх артелĕсен членĕсем мала тухрĕç. Вĕсем хăйсен панă сăмахне чысăпах пурнăçларĕç, государствăна тырă чи малтан парса татрĕç. Халĕ асăннă колхозсем МТС ĕçленĕшĕн памалли натуроплата тыррине аванс шучĕпе параççĕ.

Çавăн пекех Энгельс ячĕпе тăракан тата «Герой» колхозсем те государствăна тырă парас тĕлĕшпе анăçлă ĕçлеççĕ.

П. ПАВЛОВ.

* * *

ИШЛЕЙ. «Большевик» колхоз государствăна тырă памалли плана августăн 19-мĕшĕнче тултарчĕ. Халĕ колхоз МТС ĕçĕсемшĕн натуроплата шучĕпе тырă леçет.

Государствăна тырă срокчен парса татас тесе колхоз шоферĕ И. Тимофеев автомашинăпа хатĕрлев пунктне кулленех 3—4 рейс туса тăчĕ. Авăн çапнă çĕрте те колхозниксем машинăсемпе анлăн усă кураççĕ, вĕсем колхозăн электростанцийĕ паракан электричество вăйĕпе ĕçлеççĕ.

Колхоз килес çулхи пысăк тухăçлă тырпулшăн тимлĕн кĕрешет. Кĕрхи тырăсене августăн 20-мĕшĕ тĕлне акса пĕтерчĕ. Тырăсене пĕтĕмпех трактор тата лашапа ĕçлекен сеялкăсемпе агротехника кăтартăвĕсене пăсмасăр акнă.

Колхозниксем уйри ĕçсене тунипе пĕрлех хуçалăхри ытти ĕçсене те туса пыраççĕ. Строительство бригадинче 26 çын ĕçлет. Халĕ бригада силос хывмалли полубашня туса пĕтерчĕ. Енесем валли вите тума тытăнчĕç.

Колхоз силос хывмалли плана та иртерсе тултарнă.

Ĕçри çĕкленÿ массăлла-политикăлла ĕçе лайăх йĕркеленинчен килчĕ. Вулав çурчĕ культурăллă-массăллă ĕçе малтанхи кунсенчех хирте куçарчĕ. Пуçламăш парторганизаци тăрăшнипе СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕн решенийĕсем çинчен тата сессире СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков юлташ каланă сăмаха колхозниксене вăхăтра ăнлантарса панă.

Д. ГРИГОРЬЕВ.

### ГОСУДАРСТВĂНА— ЯЛХУÇАЛĂХ ПРОДУКЧĔСЕМ

КУСЛАВККА. Партипе правительство ялхуçалăхне малалла вăйлатассишĕн тăрăшни çине ответлесе, районти колхозсем хăйсен государство умĕнчи обязательствисене срокчен пурнăçлама тăрăшаççĕ. «Динамо» колхоз кăçал государствăна сĕт-çу памалли плана июль уйăхĕнчех тултарнă, килес çулшăн 5,600 литр сĕт панă. «Правда», «Коммунар» тата «Большевик» ялхуçалăх артелĕсем 1953 çулшăн çăмарта памалли обязательствăна пурнăçланă. «Коммунар» колхоз 1954 çулшăн 3.200 çăмарта панă.

(Хамăр инф.).

## Комбайнерсен ăмăртăвĕ

### Тырпул пухса кĕртес ĕçре малта пыракансем

*(августăн 20-мĕшĕ тĕлне)*

| Йышăннă вырăн | Комбайнерсен хушамачĕсем | МТС-сем | Тырпул пухса кĕртнĕ (гектарпа) |
|---|---|---|---|
| | | «С-6» комбайнпа | |
| 1. | И. Шибонов | Етĕрне | 424 |
| 2. | М. Кулаев | Сурмайдан | 400 |
| 3. | А. Анисимов | Пăрачкав | 360 |
| 4. | Н. Столяров | —»— | 340 |
| 5. | А. Сатушкин | Сурмайдан | 340 |
| 6. | Н. Горшков | —»— | 335 |
| 7. | С. Горбунов | Етĕрне | 335 |
| 8. | Н. Архипов | Канаш | 335 |
| 9. | А. Ванюхин | Сурмайдан | 330 |
| 10. | М. Наумов | Пăрачкав | 321 |
| | | «С-4» комбайнпа | |
| 1. | В. Петров | Çĕрпÿ | 357 |
| 2. | С. Ермолаев | Шăхасан | 340 |
| 3. | А. Иванов | Куславкка | 330 |
| 4. | М. Артемьев | Çĕрпÿ | 317 |
| 5. | Н. Петров | Элĕк | 310 |
| 6. | И. Портнов | Çĕрпÿ | 301 |
| 7. | Г. Александров | Куславкка | 300 |
| 8. | И. Орлов | —»— | 300 |
| 9. | В. Кудряшов | Хĕрлĕ Чутай | 300 |
| 10. | М. Иванов | Йĕпреç | 300 |
| 11. | Я. Васильев | Чурачăк | 290 |
| 12. | П. Гусев | Йĕпреç | 290 |
| 13. | И. Павлов | Элĕк | 289 |
| 14. | А. Курин | Елчĕк | 289 |
| 15. | К. Алексеев | Шăхасан | 283 |
| 16. | М. Бородов | Шупашкар | 282 |
| 17. | И. Папаев | Улатăр | 282 |
| | | «Коммунар» комбайнпа | |
| 1. | Г. Иванов | Йĕпреç | 301 |
| 2. | А. Хураськин | —»— | 300 |
| 3. | Г. Тюкин | Çĕмĕрле | 285 |
| 4. | И. Яруткин | Ишлей | 280 |
| 5. | В. Чернов | Елчĕк | 280 |
| 6. | Г. Федоров | Етĕрне | 233 |
| 7. | А. Иванов | Йĕпреç | 220 |
| 8. | Т. Селиванов | Канаш | 210 |
| 9. | Г. Васильев | Ишлей | 210 |
| 10. | П. Стеклов | Шăхасан | 209 |
| 11. | С. Чекменев | Çĕмĕрле | 205 |
| 12. | И. Карпов | Красноармейски | 205 |
| 13. | С. Медведев | Çĕмĕрле | 202 |
| 14. | Н. Иванов | Йĕпреç | 200 |
| 15. | А. Макаров | —»— | 200 |

Хĕрлĕ Чутай МТС-ĕ районти колхозсене машинăсемпе тырă пухса кĕртме, авăн çапма пулăшать. МТС машинисчĕ И. В. Морозов, «МС-1100» молотилкăпа ĕçлесе, августăн 20-мĕшĕ тĕлне 240 тонна тырă çапнă, çулталăк планне 53 процент тултарнă. Вăл кăçал 1.000 тонна тырă çапма обязательство илнĕ.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: ВКП(б) ячĕпе тăракан колхоз итемĕнче И. В. Морозов ĕçлекен «МС-1100» молотилкăпа авăн çапаççĕ. Çÿлти çаврашкара—И. В. Морозов.

Г. ЗИНЬКОВ фотоÿкерчĕкĕ.

## Сесси решенийĕсемпе хавхаланса

ВАРНАР. Кольцовкăри Ленин орденлĕ Сталин ячĕпе тăракан колхозăн уй-хир бригадисенче, выльăх-чĕрлĕх фермисенче СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков юлташ СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕнче каланă сăмахе тата сесси решенийĕсене вĕрентессине лайăх йĕркеленĕ.

Бригадăсен пухăвĕсенче колхоз председателĕ СССР Верховнăй Совет депутачĕ С. Коротков юлташ сесси ĕçĕсем çинчен каласа пачĕ. Агитаторсем те колхозниксем каннă вăхăтра сесси материалĕсем тăрăх каласусем ирттереççĕ.

Ленин орденлĕ ялхуçалăх артелĕн членĕсемпе Социализмла Ĕç Геройĕ И. Проньккин юлташ ертсе пыракан бригадăри механизаторсем тата ялти интеллигенци Совет Союзĕн мирлĕ политикине, партипе правительство халăх хуçалăхне, вăл шутра ялхуçалăхне малалла аталантарма, ĕçсыннисен пурнăç шайне ÿстерме тăрăшнине чĕререн ырлаççĕ.

— Кăçалхи бюджетра,—терĕ никĕмĕш уй-хир бригадир помощникĕ Социализмла Ĕç Геройĕ Василий Даниилович Ашăнин юлташ пухура,—Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви колхозсен общественлă хуçалăхне тата колхозниксен пурнăç шайне ÿстерессишĕн тăрăшни палăрса тăрать. Ялхуçалăх налогĕ çинчен кăларнă çĕнĕ закон ял ĕçченĕсен пурнăçне лайăхлатать. Эпир, колхозниксем, СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕн решенийĕсемпе хавхаланса, çĕршыв умĕнчи тивĕçе чыслăн пурнăçласа пырăпăр. Вăйлă тырпула пĕр тăкаксăр пуçтарса кĕртетпĕр. Çĕрулмипе выльăх кăшманне вăхăтра кăларатпăр, çапла вара общественлă выльăх-чĕрлĕх валли хĕл касăччен çитермелĕх пысăк пахалăхлă апат хатĕрлетпĕр.

Сесси решенийĕсем тата Г. М. Маленков юлташ сăмахĕ выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре çĕнĕ çитĕнÿсем тума хавхалантараççĕ. Колхозри ĕне фермин заведующийĕ Социализмла Ĕç Геройĕ Александр Федорович Доманин юлташ хăйĕн сăмахĕнче çапла каларĕ:

— Чăваш республикинчи колхозсенче выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес енĕпе саралнă ăмăртура пирĕн колхоз малта пыраканcенчен пĕри шутланать. Сапах та кашни ĕнерен вăтам шутпа 2.500 литр сĕт суса илни пирĕншĕн сахал, пире вăл тивĕçтерме пултараймасть. Партипе правительство ялхуçалăхĕ умне лартнă валачăсене асра тытса, кашни ĕнерен çулталăкра 3.200—3.500 литр сĕт суса илессишĕн тăрăшатпăр.

Кольцовкăри колхозниксен сăмаха ĕçпе çирĕплетеççĕ. Тырпула тăкаксăр пуçтарса кĕртес тесе пур майсемпе те усă кураççĕ. Вырнă тырра вăхăтра капана хываççĕ. Турттарнă чухне урапасем çине шăналăксем сараççĕ. Пучахсене тирпейлĕ пуçтараççĕ. Выльăх-чĕрлĕх валли апат хатĕрлекенсем 2 башня силос хывса тултарнă.

Пухусенче, каласусенче колхозниксем промышленность валли чĕртавар тата апат-çимĕç ытларах туса хатĕрлеме паха сĕнÿсем пaраççĕ.

Н. ЛЕОНИДОВ.

## ФЕЛЬЕТОН

## Кам кама улталать?

[illegible] МТС-ĕн [illegible] Рачеев [illegible] «Сталинцы» [illegible] икĕ эрне [illegible] ытларах [illegible] ĕçлесе, [illegible] тулă, [illegible] урпа [illegible] пухса кĕртнĕ. Çак комбайнер пурĕ миçе гектăр çинчен тата кашни культурăна гектар пуçне вăтамран миçе центнер çапса панине шутласа пĕлме пулать.

Арифметикăн тăватă действипе пĕлекен çыншăн ку задача йывăр мар, темелле.

Уй-хир бригадирĕсен, трактор бригадин учетчикĕпе пĕрле, комбайн вырса çапнă участоксен тăршшĕпе урлăшне метрпа виçсе тухаççĕ те, çав цифрăсене пĕр-пĕрин çине хутлаççĕ, унтан 10 пин тăваткал метр çине пайласа миçе гектар пулнине пĕлеççĕ.

Трактор бригадин тата колхозăн весовщикĕсем, комбайн бункерĕнчен турттарса пынă мĕнпур тырра виçсе пĕтернĕ хыççăн, пĕтĕмĕшле цифра комбайн вырса пухнă участок çинчи гектарсен шучĕ çине пайласа, тырă гектар пуçне миçе центнер тухнине шутласа параççĕ.

Юлашкинчен вара, комбайнер мĕн чухлĕ ĕç тунине шутласа акт çыраççĕ те, колхоз правленийĕпе МТС дирекцине параççĕ. Ăнланмалла марри нимех те çук пек. Çапла ĕнтĕ, Рачеев комбайнер «Сталинцы» колхоза кăçал миçе гектар çинчен тата мĕн чухлĕ тырă вырса, çапса панă?

— Пирĕн алăра шăп тĕрĕс даннăйсем пур,—терĕç МТС бухгалтерийĕнче.—Рачеев юлташ «Сталинцы» колхоза августăн 10-мĕшĕ тĕлне пурĕ 111 гектар çинчи тырпула вырса çапса панă, вăл шутра ырашă—32, сĕлĕ—65, урпа—8 гектар.

Чăн та, ĕненмелле. Комбайнер çавăн чухлĕ ĕç туни çинчен çырнă икĕ акт çине те «Сталинцы» колхоз председателĕ А. Сергеев, трактор бригадин бригадирĕ Т. Степанов, уй-хир бригадин бригадирĕсем Павловпа Григорьев юлташсем алă пуснă тата колхозпа МТС печечĕсене те чернилпа йĕпетсех пусса хунă.

— Пирĕн алăра официальнăй сведенисем пур,—терĕç районти ялхуçалăхпа хатĕрлев управленийĕнче.—«Сталинцы» колхозра комбайнпа августăн 10-мĕшĕ тĕлне 70 гектар, августăн 15-мĕшĕ тĕлне 115 гектар çинчи тырпула пухса кĕртнĕ.

Каллех ĕненмелле. Колхозран кашни 5 кунтан пĕрре ярса паракан сведенисем çине правлени председателĕ А. Сергеев юлташ хăйĕн аллипе хĕех алă пуснă.

Рачеев юлташ августăн 15-мĕшĕнче «Сталинцы» колхозран «Красный Октябрь» колхозăн сĕлĕ пуссине куçнă.

— Хамăн ĕçе хам пĕлетĕп ĕнтĕ,—терĕ вăл.—Августăн 11-мĕшĕ тĕлне 111 гектăр çинчи тырăсене вырса çапрăм, ун хыççăн тата 30 гектар çинчи сĕлле пухса кĕртрĕм. Ну, вот, пурĕ 141 гектар пухăнать те. Тырри мĕн чухлĕ тухнине çеç пĕлместĕп.

Комбайнер сăмахне те ĕненмесĕр тăма çук. 111 гектар çинчи тырпула вырса çапса панине актпа йышăннă, ун хыççăн вырса пухнă 30 гектарĕ нисте та çухалмĕ.

— Хамăр колхозра тырпул пухса кĕртес ĕç мĕнле пынине, епле тесен те, лайăх пĕлетпĕр ĕнтĕ,—терĕ колхоз председателĕ А. Сергеев юлташ. — Комбайнер мĕнле ĕçленине интереcленетĕр пулсан, пĕлтерме пултаратăп. Рачеев юлташ пире кăçал пурĕ 81 гектар çинчи тырпула вырса çапса пачĕ.

Пĕр кун [illegible] 4 [illegible] 7 [illegible] ирлĕ цифрăсем [illegible] тивре: 111, 115, 141, юлашкинчен—81 гектар. [illegible] тĕрĕс? Кам кама улталать?

Сергеев тата трактор бригадин бригадирĕ Степанов юлташсене колхозра тырпул пухса кĕртес ĕçе, вăл шутра комбайн мĕнле ĕçленине пĕлменшĕн айăплама çук. Ăна вĕсем лайăх пĕлеççĕ. Ĕç урăхрачче. Сергеевпа Степанов юлташсем районти колхозсемпе трактор бригадисенче ĕç мĕнле пынине сводкăсем тăрăх çеç пĕлекен çынсен тимсĕрлĕхĕпе усă курма шутланă.

Комбайнпа мĕн чухлĕ ĕç тунине кăтартакан цифрăсене илсе пăхăпăр.

Августăн 5-мĕшĕнче çырнă 25-мĕш номерлĕ актра кăтартнă тăрăх, комбайн 32 гектар çинчен пурĕ 196 центнер ыраш вырса çапса панă. Урăхла каласан, кашни гектар пуçне 6,10 центнер тухнă мĕн.

«Сталинцы» колхозра кăçал, кирек хăш колхозникран ыйтсан та, пурте савăнса пĕлтереççĕ: ыраш тухăçĕ гектар пуçне 16 центнера çитет. МТС-ри руководительсем «Сталинцы» колхозра ыраш гектар пуçне 36 пăт тухать, тесе ĕнентересшĕн. Ĕненмесен 25-мĕш номерлĕ акт çине пăхма сĕнеççĕ.

Ыраш тухăçне ун чухлĕ те пулин кăтартнă-ха. Августăн 10-мĕшĕччен 16 гектар çинче комбайнпа кĕрхи тулă вырса çапнине нихăш актра та кăтартман. Калăн, 16 гектар çинчи тулă, çăрттан пулă вăййипе вырăнса-çапăнса, колхоз кĕлетне пырса кĕнĕ, тейĕн. Комбайн тулă вырса çапнă, Сергеевпа Степанов юлташсем акт çине «сĕлĕ» тесе çырса хунă мĕн, ку вăл Сергеев юлташа комбайнпа тулă вырса çапса панăшăн натуроплата сĕлĕпе тÿлеме кирлĕ.

— Ăçта Ракчеев комбайнер? Мĕншĕн унăн сасси илтĕнмест?

Мĕншĕн тесен, ăна, кăçал пирвайхи хут комбайн çине ларнăскере, сăмах та памаççĕ; хăйĕн ĕçĕ мĕнле пынине те пĕлтермеççĕ. Вăл хăй вырса çапнă участоксенче уйрăм культурăсен тухăçĕ мĕн чухлĕ пулнине те пĕлмест.

Музыка искусствинче икĕ сыи юнашар тăрса икĕ сасăпа пĕр юрă юрланине е музыка инструменчĕсемпе вылянине дуэт, теççĕ. «Сталинцы» колхоз председателĕ А. Сергеев тата трактор бригадин бригадирĕ Т. Степанов юлташсем те, иккĕшĕ икĕ сасăпа, анчах пĕр юрра ĕнерсе шутланă.

Юрри илемсĕр тата сиенлĕ. Ăна илтесен ку сынсем, государство интересĕсем çинчен манса, хăйсен интересĕсене кăна тивĕçтерме хăтланни уççăнах курăнать.

Степанов юлташа комбайн çумайрах гектар çинче тырă вырса пухнине кăтартни кирлĕ, ун пек тусан трактор бригадинче бензинпа краççын перекетленĕ процент ÿсет. Ыраша чăнахпе 12,4 гектар çинчен пухса кĕртнĕ, акт çине «32» тесе лартнă. Сĕлле 39 гектар çинчен вырса çапнă, акт çинче кăтартнă тăрăх 65 гектар пулать.

Сергеев юлташа гектарсен шучĕ питех интереслентермест иккен, уншăн комбайн вырса çапнă тырă виçи çеç сахал курăнтăр, ăна май натуроплата та сахалтарах тÿлемелле пултăр.

Çак йăнăш сасăпа ĕнерлекен дуэта хăлхана усса итлекенсем те пур. Вĕсем—МТС дирекцийĕнче ĕçлекенсем.

Н. ВОЛКОВ.

## Шкулти пуçламăш парторганизаци

Коммунистсен партийĕ, унăн Центральнăй Комитечĕ совет обществин культура шайне малалла ÿстерессишĕн, халăха вĕрентес ĕçе вăйлатассишĕн, шкулти ĕçсен пахалăхне хăпартассишĕн куллен тăрăшаççĕ. Шкулти вĕренÿпе воспитани ĕçĕн пахалăхне хăпартас тĕлĕшпе пуçламăш парторганизацисем пысăк вырăнта тăраççĕ.

Юлашки çулсенче республикăри шкулсенчи пуçламăш парторганизацисен йышĕ нумай ÿсрĕ тата вĕсем организаци енĕпе чылай çирĕпленчĕç. Çак виçĕ çул хушшинче шкулсенче çĕнĕрен 116 пуçламăш парторганизаци тунă, вĕсем икĕ пин ытларах коммуниста пĕрлештерсе тăраççĕ.

Пуçламăш парторганизацисенчен чылайăшĕ шкулти вĕренÿпе воспитани ĕçĕн пахалăхне, унăн идейăлла-политикăлла шайне ÿстерес пирассишĕн çине тăрса кĕрешеççĕ.

Шкулсенчи пуçламăш парторганизацисен отчетпа суйлав пухăвĕсем учительсен хушшинче идеологилле ĕç, политикăлла-массăлла тата организацилле ĕç нумай вăйланнине кăтартса параççĕ. Сăмахран, Шупашкарти 5-мĕш вăтам шкулти пуçламăш парторганизаци (секретарĕ А. Гусева юлташ) хăйĕн пĕтĕм ĕçне шкул умĕнче тăракан тĕп задачăсене пурнăçа кĕртес тĕлеле пăхăнтарса туса пырать, çавна май шкул ĕçĕ лайăхланнă. Пуçламăш парторганизаци шкулти учительсен тата вĕренекен ачасен комсомол организацийĕсене, профсоюзăн вырăнти комитетне куллен ертсе пырать, профсоюз тата комсомол организацийĕсен активне политикăлла-организацилле ĕçсене хутшăнтарать.

Парторганизаци вĕренÿпе воспитани ĕçне мĕнпур енсене тишкерсе пырать, шкул дирекцине вĕренÿпе воспитани ĕçĕн пахалăхне хăпартма тимлăн пулăшать. Иртнĕ вĕренÿ çулĕнче вăл, коммунистсене-партире тăман учительсемпе пĕрле, шкулта историе тата математикăна вĕрентес ĕç мĕнле пынине тĕпчерĕ, çав ыйтăва парторганизаци пухăвĕнче сÿтсе явнă, шкул дирекцийĕпе пĕрле историпе математикăна вĕрентес ĕçри çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе тивĕçлĕ ĕçсем туса ирттернĕ. Парторганизаци пулăшнипе историе тата математикăна вĕрентес ĕç шкулта чылай лайăхланнă.

Ку шкулти парторганизаци кашни коммунистăн, комсомолецăн ĕçне тăтăшах тĕрĕслесе пырать, вĕсене ĕçре вăхăтра пулăшу парать. Парторганизаци секретарĕ А. Гусева юлташ шкул директорĕпе пĕрле учительсен урокĕсенче час-часах пулать. Пуçламăш парторганизаци коммунистсен ĕçĕнчи çитменлĕхсене вăхăтра палăртса сирсе пыма тăрăшать. Сăмахран, парти членĕн кандидачĕ С. Жукова учительница вĕренÿпе воспитани ĕçне тата парторганизаци хушнă ĕçсене тимлĕн туса пыманни палăрнă. Вăл урoксене тĕплĕн хатĕрленмесĕр ирттернĕ. Парторганизаци секретарĕ Жуковăпа унăн ĕçĕнчи çитменлĕхсем çинчен калаçнă, ун çинчен парторганизаци пухăвĕнче сÿтсе явнă. Çавăн хыççăн Жукова юлташ хăйĕн ĕçне чылай лайăхлатнă.

Пуçламăш парторганизаци коммунистсен пухăвĕсене вăхăтра ирттерет, пухусенче коммунистсем ĕçри çитменлĕхсене хăюллăн критиклеççĕ, шкул тата учительсен ĕçĕнчи йĕркесĕрлĕхсене пытарса тăмаççĕ. Парторганизацин кашни пухăвĕнче парторганизаци секретарĕ коммунистсене иртнĕ пухура йышăннă решенисене пурнăçлас тĕлĕшпе туса ирттернĕ ĕçсем çинчен каласа кăтартать. Парторганизаци час-часах усă пухусем ирттерет, çав пухусене ирттерес ĕçе партире тăман учительсемпе комсомолецсем активлăн хутшăнаççĕ.

Парторганизаци коммунистсемпе мĕнпур учительсен идейăлла-политикăлла пĕлĕвĕсене ÿстерес тĕлĕшпе тимлĕн ĕçлет. Вăл марксистла-ленинла теорие карăр хăй тĕллĕн вĕренсе пыракан учительсене вĕренÿре пулăшу парать.

Пуçламăш парторганизаци хăйĕн партилле-политикăлла тата организацилле ĕçне тимлĕн туса пыни, шкул дирекцине учительсене ĕçре кунсерен пулăшса пыни шкулăн пĕтĕм ĕçне лайăхлатма май пачĕ. Иртнĕ вĕренÿ çулне шкул ăнăçлă вĕçлерĕ. Вĕренÿ пахалăхĕпе Шупашкарти 5-мĕш вăтам шкул малти вырăна тухрĕ. Шкулти 8 учителĕн вĕренÿре ĕлкĕрсе пырайман пĕр ача та çук. Шкул хăйĕн территорийĕнче шкул çулне çитнĕ пур ачасене те вĕренĕве явăçтарнă.

Шкулта партилле-политикăлла тата организацилле ĕçе çавăн пекех Тивĕшри (Муркаш районĕ), Кувакинăри, Вăрмарти, Сĕнтĕрвăрринчи вăтам шкулсенчи пуçламăш парторганизацисем ăнăçлă туса пыраççĕ. Çак пуçламăш парторганизацисем вĕренÿпе воспитани ĕçне лайăхлатас, вĕренÿ ĕçĕн идейăлла-политикăлла шайне ÿстерес енĕпе, учительсен ăсталăхне, идейăлла-политикăлла пĕлĕвĕсене ÿстерсе пырас тĕлĕшпе ăнăçлăн ĕçлеççĕ.

Анчах шкулсенчи пуçламăш парторганизацисен ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пур-ха. Уйрăм пуçламăш парторганизацисем партилле-политикăлла тата организацилле ĕçе шкул умĕнче, учительсемпе вĕренекенсем умĕнче тăракан тĕп задачăсемпе тачăн çыхăнтарса туса пымаççĕ, шкул дирекцине ĕçре тивĕçлĕ пулăшу парса тăмаççĕ, шкул ĕçĕнчи, уйрăм коммунистсен ĕçĕнчи çитменлĕхсене палăртса, вĕсене пĕтерес тĕлĕшпе сахал ĕçлеççĕ. Çавна пула пуçламăш парторганизаци ĕçĕ хăй тĕллĕн, шкул ĕçĕ хăй тĕллĕн пулса пырать.

Тĕслĕхрен, Мăн Чурашри (Советски районĕ) вăтам шкулти пуçламăш парторганизаци ĕçне илсе пăхар. Ку пуçламăш парторганизацире 6 коммунист. Кунсăр пуçне шкулта комсомол организацийĕ пур, вăл 74 комсомолеца пĕрлештерсе тăрать. Партипе комсомол пуçламăш организацийĕсем хăйсен ĕçне тимлĕн, шкул умĕнче тăракан задачăсене пăхăнтарса туса пырас пулсан, шкул ĕçĕ ăнăçлăн пулса пымалла. Анчах, пуçламăш парторганизаци (секретарĕ Т. Федорова юлташ) шкулта партилле-политикăлла ĕçе çителĕксĕр туса пырать, вăл коммунистсене тата учительсен пĕтĕм коллективне вĕренÿ пахалăхне хăпартас ĕçе мобилизацилесе пымасть, коммунистсен ĕçĕнчи çитменлĕхсене сирме тăрăшмасть, учительсен марксистла-ленинла вĕренĕвне тивĕçлĕн организацилемест, коммунистсемпе комсомолецсене тата партире тăман учительсене идейăлла-политикăлла воспитани парас енĕпе сахал ĕçлет. Парторганизаци коммунистсен ĕçри ответлăхне хăпартас енĕпе начар ĕçленĕ пирки коммунист-учительсем хăйсен ĕçне çителĕклĕ туса пымаççĕ. Сăмахран, вырăс чĕлхине вĕрентекен В. Борисовăн 111 вĕренекенрен 40 ача вĕренÿре ĕлкĕрсе пыраймаççĕ, чăваш чĕлхине вĕрентекен Г. Ивановăн 149 вĕренекенрен вĕренÿре ĕлкĕрсе пырайманнисем 33 ача шутланаççĕ. Мăн Чураш шкулĕнче иртнĕ вĕренÿ çулĕнче вĕреннĕ ачасенчен 37 проценчĕ вĕренÿре ĕлкĕрсе пыраймaн.

Парторганизаци пухăвĕсем кунта сайра хутра пулса иртеççĕ, вĕсенче коммунистсен активлăхĕ çителĕксĕр. Сăмахран, 1953 çулти февраль, апрель, июнь уйăхĕсенче парторганизаци секретарĕ Федорова юлташ пĕр пуху та ирттермен. Пухусенче шкул директорĕпе вĕренÿ пайĕн заведующийĕсĕр пуçне ытти коммунистсем сахал тухса калаçаççĕ. Коммунистсем пухусенче критикăпа самокритикăна сарма тăрăшмаççĕ, пĕр-пĕрин çитменлĕхĕсене критиклемеççĕ. Пухусенче йышăннă решенисене пурнăçлас ĕç мĕнле пынине парторганизаци тĕрĕслемест, çавăнпа вĕсенчен чылайăшĕ пурнăçланмаççĕ.

Çакăн йышши çитменлĕхсем ытти хăшпĕр пуçламăш парторганизацисен ĕçĕнче те пур. Шкулсенчи пуçламăш парторганизацисен ĕçне тĕпренех лайăхлатни кирлĕ. Шкулсенчи парторганизацисен партилле-политикăлла тата организацилле ĕçе тĕпĕ те тимлĕн туса пынипе шкул дирекцине, учительсене вĕренекенсен коллективне вĕренÿ пахалăхне хăпартса пыма, вĕренÿпе воспитани ĕçĕнчи çитменлĕхсене пĕтерсе пыма тивĕçлипе пулăшмалла. Пуçламăш организацисем туса пыракан пĕтĕм ĕçсем шкул умĕнче тăракан пысăк задачăсене пăхăнса тăмалла. Кашни пуçламăш парторганизацин ĕçĕн пахалăхне шкул ĕçĕнчи çитĕнÿсемпе çитменлĕхсене хисепе илсе хакламалла. Шкулти партилле-политикăлла ĕç витĕмлĕ пулмалла, вăл шкулăн пĕтĕм ĕçне лайăхлатас задачăна пурнăçлама пулăшмалла.

Шкулти пуçламăш парторганизацисен нимрен малтан идеологилле ĕçе анлăн сармалла. Идеологилле ĕç партин чи пысăк обязанноçĕ пулса тăрать, ку ĕçе хаклаланни партипе государство интересĕсене питех те пысăк сиен куме пултарать,—терĕ Г. М. Маленков юлташ партин XIX-мĕш съездĕнче. — Социализмла идеологи влиянийĕ вăйсăрланни аланах буржуалла идеологи влиянийĕ вăйланнине пĕлтерет, — çакна пирĕн кирек хăçан та асра тытас пулать.

Шкулсенчи пуçламăш парторганизацисен коммунистсемпе партире тăман учительсен идейăлла шайне ÿстерес тĕлĕшпе ялан ĕçлемелле, вĕсене марксизм-ленинизма вĕрентмелле. Учительсенчен чылайăшĕ марксизм-ленинизм теорине харпăр хăй тĕллĕн вĕренеççĕ. Анчах хăшпĕр пуçламăш парторганизацисем харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсен ĕçне тĕрĕслесе тăмаççĕ тата вĕсене вĕренÿре тивĕçлĕ пулăшу памаççĕ. Уйрăм пуçламăш парторганизацисем коммунистсемпе партире тăман учительсем марксизм-ленинизма начетникла, догматикла вĕреннине, уйрăм формулăсемпе цитатăсене кăна ăнланса илнипе килĕшсе тăраççĕ, марксистла-ленинла вĕренĕвĕн витĕмлĕхĕшĕн тăрăшмаççĕ. Марксизм-ленинизма начетникла вĕреннине пула хăшпĕр коммунист-учительсем шкул ĕçĕнче ытти учительсемшĕн пример пулса тăмаççĕ. Марксизм-ленинизма тимлĕн вĕренни, Маркс — Энгельс—Ленин—Сталинăн пурне те çĕнтерекен теорийĕн тĕп шухăшне тарăннăн ăнланса илни кăна учителе çамрăк ăрăва тĕрĕс воспитани пама вăй-хăват парать. Парти вĕренĕвĕн çĕнĕ çулĕнче шкулсенчи парторганизацисен партилле пропагандăна лайăхлатмалла, ку ĕçре иртнĕ вĕренÿ çулĕнче пулнă çитменлĕхсене пĕтермелле.

Шкулсенчи пуçламăш парторганизацисенчен чылайăшĕнче критикăпа самокритика тивĕçлĕ вырăнта тăмасть. Парторганизаци секретарĕсем нумай çĕрте критикăпа самокритикăна сарас ĕçе хакламаççĕ, критикăна анлăн сарас вырăнне ăна хĕсме пăхаççĕ. Сăмахран, Пăрачкаври вăтам шкулта вĕренекен, ВЛКСМ членĕ «Комсомольская правда» хаçата вĕренекенсем хушшинче юлташлăхпа туслăх çукки çинчен, ку тĕлĕшпе шкулти комсомол организацийĕ ĕçлемени çинчен заметка çырса янă. Заметкăна сÿтсе явма пуçтарăннă комсомол пухăвĕнче шкулти парторганизаци секретарĕ В. Грибанов юлташ, вĕренекенсене заметкăра кăтартса панă çитменлĕхсене пĕтерме мобилизацилес вырăнне, заметка авторне хирĕç туха каланă, «заметка тĕрĕс мар» тесе «Комсомольская правда» хаçат редакцине çыру çырса яма сĕннĕ. Çакăн хыççăн хăшпĕр вĕренекенсем заметка авторне тиверсĕрех хĕсме, унтан тăрăхлама тытăннă.

Критикăна хĕснине, ăна хакламаннине хирĕç пуçламăш парторганизацисен çине тăрса кĕрешмелле.

Шкулти пуçламăш парторганизацисем, предприяти е колхозри парторганизацисемпе танлаштарсан, урăхларах условисенче ĕçлеççĕ, вĕсен шкул администрацийĕн ĕçне тĕрĕслесе тăмалли право çук. Анчах контроль прави çукки парторганизаци дирекци ĕçĕнче тĕл пулакан çитменлĕхсемпе йăнăшсенчен пăрăнса тăмаллине пĕлтермест.

Шкулсенчи парторганизацисен ĕçĕнчи çитменлĕхсене пĕтересси парти райкомĕсемпе хула комитечĕсем ертсе пынинчен нумай килет. Парти райкомĕсемпе хула комитечĕсен шкулсенчи парторганизацисен ĕçне тăтăшах тĕрĕслесе тăмалла, вĕсен ĕçĕнче палăракан çитменлĕхсене пĕтермелле, вăхăтра тивĕçлĕ пулăшу памалла. Парторганизацисен секретарĕсене ялан ĕçлемелле, вĕсен политикăлла пĕлÿлĕхне ÿстермелле.

Партин XIX-мĕш съезчĕ шкулсем умне пысăк та ответлă задачăсем кăларса тăратрĕ. Шкулсенчи парторганизацисен çав задачăсене пурнăçа кĕртес тĕлĕшпе коммунистсене, комсомолецсене, мĕнпур учительсене мобилизацилесе пымалла.

А. ОТАЧКИН.

# Халӑхсен туслӑхӗ—нумай нациллӗ Совет государствин тӗп никӗсӗ

Совет Союзӗ—нумай нациллӗ социализмлӑ государство. ССР Союзӗнчи халӑхсен тӑванла ҫемйинче тӗрлӗ нацисемпе халӑхсем 60 ытла шутланаҫҫӗ. Коммунизмла шухӑш-ӗмӗтсем Совет ҫӗршывӗнчи мӗнпур ӗҫҫыннисене пӗрлештерсе тӑраҫҫӗ. Вӗсем—тӗрлӗ раса е наци ҫыннисем—пӗр ҫемьене пӗрлешнӗ. Вӗсем совет обществине ертсе пыракан Коммунистсен партийӗн политикине, ӗҫҫыннисен пурнӑҫри интересӗсене палӑртса тӑракан политикӑна пӗтӗм чӗререн ырлаҫҫӗ.

Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗ ҫӗршывӑн шалти ӗҫӗсем енӗпе тытса пыракан политикӑн тӗп задачисенчен пӗри вӑл пирӗн ҫӗршыври халӑхсен пӗрлӗхне тусӑлӑхне, нумай нациллӗ Совет государствине малалла тӗреклетсе пырасси пулать. Халӑхсем пурте пӗр тан праваллӑ пулмалли тата туслӑ пурӑнмалли ҫинчен вӗрентекен идейӑсем Совет Союзӗн тулашри политикинче те яланах уҫҫӑн палӑрса тӑраҫҫӗ. Совет Союзӗ тӗнчери халӑхсем хушшинче ҫирӗп мир тӑвассишӗн, демократилле лагере тӗреклетессишӗн, пирӗн ҫӗршыври ӗҫҫыннисемпе ытти мӗнпур ҫӗршывсенчи ӗҫҫыннисем хушшинчи тӑванла ҫыхӑнусене вӑйлатассишӗн тата ҫирӗплетессишӗн яланах хытӑ тӑрӑшать.

Пирӗн ҫӗршывра халӑхсем туслӑ пурӑнмалли ҫинчен вӗрентекен идеологи пурнӑҫа кӗчӗ. Ҫак идеологи пӗтӗм тӗнчене сарӑлчӗ, унӑн пӗтӗм тӗнчери пӗлтерӗшӗ пысӑк. Пусмӑрта пурӑнакан халӑхсемшӗн ҫак идеологи ирӗклӗхшӗн, нацин никама пӑхӑнманлӑхӗшӗн, демократипе социализмшӑн, халӑхсем хушшинчи ҫирӗп миршӗн кӗрешмелли хӗҫпӑшал пулса тӑрать.

### ХАЛӐХСЕН ТУСЛӐХӖ—ПРОЛЕТАРИЛЛЕ ИНТЕРНАЦИОНАЛИЗМ ИДЕЙИСЕМ ПУРНӐҪА КӖНИ

Ӗҫҫыннисен пурнӑҫ интересӗсем халӑхсене пӗр-пӗринпе мирлӗ, тӑванла килӗштерсе пурӑнма хушаҫҫӗ. Ӗҫҫыннисен ытти халӑхсене пусмӑрлас тата ҫаратас шухӑш ҫук. Вӗсем тӗрлӗ нацисем пӗр-пӗринпе килӗштерсе пурӑнмалла тӑвасшӑн. Буржуази тӗрлӗ нацисене пӗр-пӗринпе хирӗҫтерме тӑрӑшать. Буржуази услам нумайрах илессишӗн хапсӑнса этемлӗх умӗнче тем тӗрлӗ преступлени те тӑвать, урӑх халӑхсен ҫӗршывне туртса илме вӑрҫӑсем организацилет. Ҫавӑн пек вӑрҫӑсем ӗҫҫыннисене питех те пысӑк инкек кӳреҫҫӗ, суклӑха тӑратса хӑвараҫҫӗ.

Капитализмла обществӑра нацисем хушшинчи ҫыхӑнусем енӗпе икӗ идеологи — пролетарилле интернационализмпа буржуалла национализм пӗр-пӗрне хирӗҫ кӗрешеҫҫӗ. Ҫак идеологисем вара капитализмла обществӑри икӗ тӗп класӑн идеологийӗсем пулса тӑраҫҫӗ. Пролетарилле интернационализм идеологийӗ ҫапла вӗрентет: тӗрлӗ нацисен ӗҫҫыннисем пӗрлӗхлӗ пулмалла, вӗсен интересӗсем пӗр пек, вӗсем пӗр-пӗрне шанса тата туслӑ пурӑнмалла, вӗсем кирек мӗнле эксплуатацие те хирӗҫ, коммунизмшӑн пӗрлешсе кӗрешмелле. Буржуази идеологийӗ вӑл — буржуалла национализм. Ку идеологи — нацисене пусмӑрламалли идеологи, вӑл нацисене пӗр тан правасемсӗр усрас йӗркене хӳтӗлет, нацисене пӗр-пӗринпе хирӗҫтерме хӗтӗртет, ҫапла майпа ӗҫҫыннисен вӑйне аркатса яма тата нацисене пусмӑрласа пурӑнас йӗркене ҫирӗплетме хӑтланать.

Общество аталанса пынӑ май буржуалла национализмпа пролетарилле интернационализм хушшинчи кӗрешӳӗн формисем улшӑнаҫҫӗ, ҫӗнӗ формӑсем пулса пыраҫҫӗ. Ҫак кӗрешӳ пӗр енчен—пролетарилле интернационализм прогрессивлӑ идеологи пулнине, пурнӑҫа лайӑхлатакан хӑватлӑ вӑй пулнине, тепӗр енчен—буржуалла национализм реакцилле идеологи пулнине, вӑл хальхи саманара питех те киревсӗр формӑсем йышӑнса пынине, ирсӗр шухӑшсем ытларах сарма хӑтланнине лайӑх кӑтартса парать.

Буржуалла государствӑра буржуазипе унӑн националистла партийӗсем пуҫ пулса тӑраҫҫӗ. Буржуалла государство наци ыйтӑвне татса пама пултараймань. Нумай нациллӗ буржуалла государствӑсем ӗлӗк те пулнӑ, халӗ те пур. Вӗсен историйӗнчен ҫакӑ курӑнать: классем хушшинчи хирӗҫӳсем сивӗчленнине пула, буржуалла националистсем юриех хӗтӗртнипе нацисем хушшинче хирӗҫӳсем сивӗчленнине пула, пусмӑрти халӑхсемпе пусмӑрлакан наци хушшинчи кӗрешӳ вӑйланнине пула нумай нациллӗ буржуалла государствӑсем пурпӗрех арканса каяҫҫӗ. Нацисем пӗр-пӗрне хисеплессине хирӗҫ пыракан тата нацисене пусмӑрлас политика буржуалла государствӑна хавшатакан сӑлтав пулса тӑрать.

Халӑхсем ирӗклӗ, пӗр тан праваллӑ пулмалли тата туслӑ пурӑнмалли политикӑна тытса пыракан нумай нациллӗ социализмла государствӑра пурнӑҫ пачах урӑхла. Ҫак политика пурнӑҫшӑн усӑллӑ, витӗмлӗ тата прогрессивлӑ пулни ССР Союзӗнче лайӑх палӑрчӗ. Ҫак политика Совет государствин вӑйӗсене ӳстерсе пырать, коммунизм тӑвас ӗҫе ӑнӑҫлӑн пурнӑҫласа пыма май парать.

### СССР—ХАЛӐХСЕН ПӖР ТАН ПРАВАЛӐХӖПЕ ТУСЛӐХӖН ТӖСЛӖХӖ

Пирӗн ҫӗршыври ӗҫҫыннисене Коммунистсен партийӗ интернационализм шухӑшӗ майлӑ воспитани панӑ. Пирӗн ҫӗршыври ӗҫҫыннисем Октябрьти революци ҫӗнтеричченех царизма тата капитализма хирӗҫ туслӑ пӗр ҫемье пулса кӗрешнӗ. Коммунистсен партийӗ хӑйӗн ретӗсенче ҫӗршыври мӗнпур национальноҫсен малта пыракан представителӗсене пӗрлештерсе тӑракан парти, пӗтӗм Российӑри парти пулса кӗрешӗве тухнӑ.

Пирӗн ҫӗршыври мӗнпур халӑхсене революцилле пӗр ҫемьене пӗрлештерес тӗлӗшпе вырӑссен рабочи класӗ калама ҫук пысӑк ӗҫ тунӑ тата революцилле марксизм идейисем питех те пысӑк вырӑн йышӑнса тӑнӑ. Патша Российӗнчи пусмӑрти халӑхсем ирӗке тухассишӗн кӗрешнӗ вӑхӑтра ҫакна ӑнланса илнӗ: рабочи класс кӑна, хӑйӗн малта пыракан авангарчӗ — Коммунистсен партийӗ ертсе пынипе кӑна халӑхсене ирӗке кӑларма пултарать; рабочи класс ҫӗнтернипе кӑна халӑхсем ирӗклӗх тата пӗр тан правӑсем илеҫҫӗ, хӑйсен государствине, хуҫалӑхне, культурине аталантарма пултараҫҫӗ.

Чӑн та ҫапла пулчӗ ӗнтӗ. Октябрьти революци этемлӗх историйӗнче ҫӗнӗ самана—социализм самани пуҫарчӗ. Октябрьти революци ӗлӗк пусмӑрта пулнӑ халӑхсене ирӗке кӑларчӗ, вӗсене хуҫалӑхпа культурӑна чечеклентерессишӗн кӗрешмелли шанчӑклӑ ҫул-йӗре кӑтартса пачӗ. «Российӑри халӑхсен прависен декларацийӗ» ятлӑ историллӗ документра, ун ҫине Ленинпа Сталин алӑ пуснӑ, ҫӗршыври мӗнпур халӑхсене пӗр тан правӑсем пани ҫинчен пӗлтернӗ тата вӗсене социализм ҫӗнтерӗвӗшӗн кӗрешмешкӗн пӗрлешме чӗннӗ.

Пирӗн ҫӗршыври халӑхсем, Коммунистсен партийӗ ертсе пынипе, Советсен ялавӗ айӗнче, кивӗ тӗнчери мӗнпур вӑйсене хирӗҫ хастарлӑн кӗрешсе, наци тӗлӗшӗнчен ирӗклӗн аталанмалли право илнӗ. Пӗрешкел тӑллевсемшӗн, тӗнчери империализма—халӑхсен тӑшманне хирӗҫ пӗрлешсе кӗрешни пирӗн ҫӗршыври халӑхсене тачӑрах та тачӑрах пӗтӗҫтернӗ. Граждан вӑрҫипе интервенци вӑхӑтӗнче халӑхсем хӑйсен интересӗсен пӗрлӗхне ҫарпа политика тӗлӗшӗнчен союз тунипе ҫирӗплетнӗ, ҫакна пула вӑрҫӑра интервентсемпе белогвардеецсене, буржуалла-националистла контрреволюцие ҫӗнтернӗ.

Ҫавӑн пек лару-тӑрура Коммунистсен партийӗ нациллӗ районсенче буржуалла националистсен сутӑнчӑкла ӗҫӗсене тӑрӑ шыв ҫине кӑларса пынӑ, Совет влаҫӗ кашни халӑхӑн нацилле суверенитетне хисепленине ӗҫре кӑтартнӑ, кашни халӑха демократилле никӗс ҫинче хӑйӗн нацилле государственноҫне туса йӗркелеме пулӑшнӑ. Ҫак задачӑна Совет влаҫӗн малтанхи ҫулӗсенчех пурнӑҫланӑ.

Советлӑ Социализмлӑ Республикӑсен Союзне туса хуни партин ленинла-сталинла наци политикин чаплӑ ҫӗнтерӗвӗ, пирӗн ҫӗршывра халӑхсен туслӑхне тӗреклетес тӗлӗшпе тунӑ чаплӑ та паллӑ ӗҫ пулчӗ. Октябрьти революци пур халӑхсене те политикӑлла пӗртан правӑсем пани ҫинчен пӗлтерни ССР Союзӗнче наци ыйтӑвне татса парас тӗлӗшпе малтанхи утӑм туни ҫеҫ пулнӑ-ха. Ӗлӗк пусмӑрта пулнӑ халӑхсене пурне те чӑннипех пӗр тан праваллӑ тума вӗсем политика, хуҫалӑх, культура тӗлӗшӗнчен кая юлнине пӗтермелле пулнӑ. Парти ун чухне хӑйӗн умне ҫакӑн пек задачӑсем лартнӑ: ҫӗршыври тӗрлӗ нацисем пурӑнакан окраинӑсенче кучукхенехи промышленноҫа тумалла; кая юлнӑ нацисем тата вак халӑхсем валли хуҫалӑхӑн аслӑ формисене тумалла; кая юлнисемпе малта пыракан национальноҫсен ӗҫҫыннисем хуҫалӑх енӗпе пӗр-пӗринпе килӗштерсе ӗҫлесе пурӑнассине йӗркелемелле; кая юлнӑ нацисемпе вак халӑхсен культурине малалла аталантармалла; окраинӑсенчи тӗп халӑхран рабочи класс тата халӑх интеллигенцийӗ хатӗрлемелле. Ҫак задачӑсене пурнӑҫа кӗртнипе ССР Союзӗнче наци ыйтӑвне татса панӑ, халӑхсем туслӑ пурӑнассине йӗркеленӗ.

Производствӑра социализмла меслетпе ӗҫлесси пурнӑҫа кӗрсе пынӑ май пирӗн ҫӗршывра халӑхсен туслӑхӗ тӑтӑшах ҫирӗпленсе пычӗ, халӑхсен туслӑхӗн ҫирӗп никӗсӗ пулса тӑчӗ. Социализмла экономика вара ӗлӗк пусмӑрта пулнӑ халӑхсем хуҫалӑхпа культура тӗлӗшӗнчен кая юлнине пӗтермелли, вӗсем пӗр-пӗрне шанса тата туслӑ пурӑнмалла йӗркене ҫирӗплетмелли материальнӑй никӗс пулчӗ. Ҫӗршывра социализмла индустри тӑвас тата ялхуҫалӑхне коллективизацилес ӗҫсем советлӑ республикӑсенче ӑнӑҫлӑ пулса пычӗҫ, вӗсен сӑн-сӑпачӗсем тӗпренех улшӑнса ҫӗнелчӗҫ. Совет государстви пӗрлӗхлӗ социализмла хуҫалӑх туса хучӗ, хӑш республикӑра мӗнле ӗҫсене туса тӑрассине, вӗсем пӗр-пӗрне пур енчен те пулӑшса пырассине тӗрӗс йӗркелерӗ. Экономикӑпа культура тӗлӗшӗнчен ытла та кая юлнӑ халӑхсене социализмла государство уйрӑмах нумай пулӑшрӗ.

Нацилле республикӑсенче ҫӗнӗ фабрикӑсемпе заводсем лартнӑ, ҫӗнӗ чугун ҫулсем, каналсем, ҫӗнӗ хуласем тунӑ. Коллективизациленӗ ялхуҫалӑхне паха машинӑсем нумай панӑ. Культура строительстви питӗ анлӑ сарӑлнӑ: ҫӗнӗ шкулсем, наука учрежденийӗсем, театрсем, больницӑсем тата ытти ҫавӑн пек учреждениесем тунӑ. Пирӗн ҫӗршыва социальнӑй пурнӑҫпа экономика тӗлӗшӗнчен урӑхлатса ҫӗнетес ӗҫре аслӑ вырӑс халӑхӗ Совет Союзӗнчи мӗнпур халӑхсене питех те нумай пулӑшса пычӗ.

Коммунистсен партийӗ ССР Союзӗнче наци ыйтӑвне татса парас, халӑхсен туслӑхне ҫирӗплетес ӗҫре питӗ пысӑк ҫитӗнӳсем тума пултарчӗ. Парти хӑйӗн ертсе пырас ӗҫӗнче тӗрлӗ нацисен расналӑхӗсемпе уйрӑмлӑхӗсене пурне те шута илсе пычӗ. Буржуалла националистсем сӑмахпа нацисен уйрӑмлӑхӗсене шута илмелле, вӗсен ыйтӑвӗсене тивӗҫтермелле тесе суйӑхса, чӑннипе нацисен интересӗсене хирӗҫ пыраҫҫӗ, вӗсем пӗр нацие тепӗр нацирен уйӑрма май паракан расналӑхсене малти вырӑна кӑларса тӑратаҫҫӗ. Коммунистсен партийӗ нацисен уйрӑмлӑхӗсене шута илсе, ҫавсемпе нацисен пӗрлӗхне ҫирӗплетме усӑ курать.

Тӑван чӗлхене пур майсемпе те аталантарни, тӑван чӗлхепе ҫырассине аталантарни, тӑван чӗлхепе вӗрентекен шкулсем уҫни, государствӑн вырӑнти органӗсенче тӗп халӑхӑн чӗлхипе ӗҫлемелле туни, формипе нацилле тата содержанипе социализмла культурӑна аталантарни, тӗп халӑхран совет интеллигенцине хатӗрлени — ҫаксем пурте ССР Союзӗнчи мӗнпур халӑхсене социализм тума, ҫак аслӑ ӗҫе пурнӑҫлама хутшӑнтарчӗҫ. Нацисен социализмла, интернационализмла содержанилле культурине пур майсемпе те аталантарса пырса, парти массӑсене совет патриотизмӗ майлӑ пулма, халӑхсен туслӑхне ҫирӗп тытса пыма, социализмла идеологи шухӑшӗ майлӑ пулма воспитани парас ӗҫе анлӑ сарать.

Социализм ҫӗнтерни, эксплуататорла классене пӗтерни, буржуалла национализма аркатса тӑкни, парти культурӑпа воспитани ӗҫне анлӑ сарни Совет Союзӗнчи нацисен сӑн-сӑпатне тӗпренех улӑштарчӗ.

Ленинла-сталинла наци политикин чаплӑ ҫӗнтерӗвӗсем, социализм тӑвассишӗн кӗрешнӗ ҫӗрте тунӑ ҫитӗнӳсем Совет Конституцийӗнче уҫҫӑн палӑрса тӑраҫҫӗ. Буржуалла конституцисем хӑйсен тӗп шухӑшӗпе националистла конституцисем пулса тӑраҫҫӗ, вӗсенче расӑсемпе нацисем пӗр тан праваллӑ пулмалли ҫинчен нимӗн те каламан. Совет Конституцийӗ пачах урӑхла, унта ӳт тӗсӗ тата чӗлхе расна пулсан та, культура тӗлӗшӗнчи шай тата государство аталанӑвӗн шайӗ расна пулсан та, нацисемпе расӑсем хушшинче ытти кирек мӗнле уйрӑмлӑхсем пулсан та, вӗсем пурте пӗр тан праваллӑ пулни ҫинчен ҫырса хунӑ. Унта пур нацисемпе расӑсем те хуҫалӑх, общество, государство тата культура ӗҫӗсенче тата пурнӑҫра пӗр тан праваллӑ пулни ҫинчен каланӑ. Мӗнле раса е наци ҫыннине кура гражданасен прависене тӳрремӗнех е урӑхла майпа хӗснешӗн, ҫавӑн пекех тата пӗр-пӗр расӑна е нацие мала хунӑшӑн, ытти нацисене курайманнишӗн тата хисеплеменшӗн Совет ҫӗршывӗнче закон йӗркипе айӑпласа наказани параҫҫӗ.

ССР Союзӗнчи халӑхсен туслӑхӗ партин ленинла-сталинла наци политикине пурнӑҫлассишӗн кӗрешнӗ ҫӗрте тунӑ тӗп ҫӗнтерӳ, совет обществине малалла аталантарса пыракан хӑватлӑ вӑй пулчӗ. Халӑхсен туслӑхӗ Аслӑ Отечественнӑй вӑрҫӑ ҫулӗсенче ССР Союзӗнчи халӑхсем пурте хамӑрӑн Тӑван ҫӗршывӑн чысӗпе ирӗклӗхӗшӗн кӗрешнӗ чухне тӗреклӗнсе пырса ҫирӗпленчӗ.

### СОВЕТ СОЮЗӖНЧИ ХАЛӐХСЕН ПӖРЛӖХӖПЕ ТУСЛӐХНЕ ЯЛАНАХ ТӖРЕКЛЕТСЕ ПЫМАЛЛА

Вӑрҫӑ хыҫҫӑнхи тапхӑрта Совет Союзӗнчи халӑхсен туслӑхӗ тата ытларах тӗреклӗнчӗ. Ҫакӑ чи малтан нимӗҫсен фашистла ҫарӗсем вӑхӑтлӑха оккупациленӗ пула юхӑннӑ районсенчи хуҫалӑха юсанӑ вӑхӑтра хытӑ палӑрчӗ. Украинӑна, Белоруссие, Молдавие, Эстоние, Литвана, Латвие нимӗҫсен фашистла захватчикӗсем оккупацилесе нумай сиен кӳчӗҫ пулсан, ҫав республикӑсенчи хуҫалӑха юсама Российӑ Федерацийӗ, Кавказри тата Вӑтам Азири советлӑ республикӑсем питӗ нумай пулӑшрӗҫ.

Вӑрҫӑ хыҫҫӑнхи тапхӑрта социализмла экономикӑна малалла чечеклентерессишӗн Совет Союзӗнчи мӗнпур халӑхсем хӑйсен вӑй-халне парса кӗрешрӗҫ. Пирӗн социализмла хуҫалӑхпа культурӑн партин XIX-мӗш съездӗ палӑртнӑ питӗ пысӑк ҫитӗнӗвӗсем—пирӗн ҫӗршыври социализмла мӗнпур нацисемпе вак халӑхсем пӗрлешсе тӑрӑшса ӗҫленин результачӗ. Вӑрҫӑ хыҫҫӑнхи тапхӑрта пирӗн социализмла индустри нумай ҫӗнӗ предприятисемпе пуянланчӗ: Грузипе Узбекистанра металлургин ҫӗнӗ завочӗсене тунӑ, РСФСР-та, Украинӑра, Балтика тинӗсӗ тӑрӑхӗнчи ҫӗршывсенче, Белоруссире, Грузире, Азербайджанра машинӑсем тӑвакан ҫӗнӗ заводсем лартнӑ, пысӑк гидроэлектростанцисем (сӑмахран, Казахстанри Усть-Каменогорск, Узбекистанри Фархад станцийӗсем) тунӑ, Азербайджанра тата уйрӑмах Иккӗмӗш Баку районӗсенче—Пушкӑрт АССР-ӗпе Тутар АССР-ӗнче нефть промышленноҫне малалла аталантарнӑ, Украинӑра, Казахстанра тата Россия Федерацийӗнче ҫӗр кӑмрӑк промышленноҫӗ ҫӗнӗ ҫитӗнӳсем тунӑ тата ытти те.

Вӑрҫӑ хыҫҫӑнхи тапхӑрта халӑхсен туслӑхӗн тата совет патриотизмӗн пурнӑҫа лайӑхлатакан вӑйӗ социализмла ӑмӑрту анлӑ сарӑлнинче уйрӑмах палӑрчӗ.

Коммунистсен партийӗпе Совет правительстви республикӑсем хушшинчи хуҫалӑхла тата культурӑлла ҫыхӑнусене малашне те ытларах тӗреклетсе тата сарса пырас политика тытса пыраҫҫӗ, советлӑ республикӑсем пӗр-пӗрне пулӑшасси кашни республикӑн интересӗсем Совет Союзӗн интересӗсемпе тачӑ ҫыхӑнса тӑнипе пулса пырать. Коммунистсен партийӗ союзлӑ республикӑсен нушисене тивӗҫтерессишӗн тӑрӑшни ҫак тӗслӗхрен курӑнать: пиллӗкмӗш пилӗк ҫуллӑх план тӑрӑх Балтика тинӗсӗ тӑрӑхӗнчи советлӑ социализмлӑ республикӑсене аталантарас тӗлӗшпе пысӑк заданисем панӑ. Хальхи пилӗкҫуллӑхра Латвипе Литвана тата Эстонире малалла индустриализацилесе пымалла, электричество энергийӗ туса кӑларассине 2—2.5 хут ӳстермелле, Нарва ҫинче гидроэлектростанци лартмалла, Ригӑра теплоэлектроцентраль тумалла, Каунасри гидроэлектростанцие тума тытӑнмалла. Машинӑсем тӑвакан промышленноҫа, ялхуҫалӑхне малалла аталантарма палӑртнӑ.

Халӑхсен туслӑхӗн пултаруллӑ та витӗмлӗ вӑйӗ экономика аталаннинче кӑна мар, Совет Союзӗнчи халӑхсен культури ӳссе пынинче те палӑрать. Советлӑ пур республикӑсенче те ҫӗнӗ шкулсем, наука институчӗсем, клубсем, кино тата ыттисене те тӑвас ӗҫ анлӑ сарӑлать. Союзлӑ 12 республикӑра халӗ наука академийӗсем пур. Союзлӑ пур республикӑсенче те вӑтам шкулсемпе аслӑ шкулсенче специалистсем нумай вӗрентсе хатӗрлеҫҫӗ, наукӑсен ҫӗнӗ кандидачӗсемпе докторӗсем нумай хутшӑнаҫҫӗ.

Коммунизм туса пынӑ май социализмла нацисем культура енӗпе пӗр-пӗринпе тачӑ ҫыхӑнса тӑма пуҫларӗҫ. Советлӑ кашни республикӑн нациллӗ культурӑна аталантарас ӗҫри ҫитӗнӗвӗсем ҫинчен ытти республикӑсене пӗлтерсе тӑраҫҫӗ. Нациллӗ культурӑсене пӗр-пӗрне пулӑшнипе вӑйлатса пыраҫҫӗ. Вырӑссен аслӑ культурин пуянлӑхӗпе ытларах та ытларах усӑ курни Совет Союзӗнчи ытти халӑхсен социализмла культурине ӑнӑҫлӑ аталантарма пулӑшать. Советлӑ республикӑсенчи писательсем ҫырнӑ чи лайӑх произведенисем—литературӑпа искусствӑн чи лайӑх произведенийӗсем пӗтӗм совет ҫӗршывӗпе хӑвӑрт сарӑлаҫҫӗ, вӗсем Совет Союзӗнчи мӗнпур национальноҫсен ӗҫҫыннийӗсене коммунизмла воспитани парас ӗҫре пысӑк вырӑн йышӑнса тӑраҫҫӗ.

Парти культура строительствин тата идейӑллӑ воспитани ӗҫӗн мӗнпур хатӗрӗсемпе массӑсене интернационализм майлӑ тата совет патриотизмӗ майлӑ воспитани пама усӑ курать, ҫапла майпа пирӗн ҫӗршыври халӑхсен туслӑхне тата ытларах ҫирӗплетме тӑрӑшать.

Халӑхсен туслӑхне тӗреклетессишӗн тӑрӑшасси буржуалла национализм тата космополитизм кирек мӗнле палӑрнине те хирӗҫ тимлӗн кӗрешмеллине пӗлтерет. Пирӗн ҫӗршывра эксплуататорла классене пӗтернӗ, апла пулсан, буржуалла национализм валли пурнӑҫра никӗс юлман, ҫапах та национализм каяшӗсем юлнӑ-ха. Вӗсем литературӑпа искусствӑра, историре тата ытти обществӑлла дисциплинӑсенче палӑраҫҫӗ. Национализм ӗлӗкхи пурнӑҫа ырланинче, хӑйсен нацийӗн ӑшне хупӑнса ларма пӑхнинче, ҫав халӑха политика, хуҫалӑх тата культура тӗлӗшӗнчен чечеклентерес ӗҫре ССР Союзӗнчи социализмла улшӑнусем тата халӑхсен туслӑхӗ пысӑк вырӑн йышӑнса тӑнине тивӗҫлӗ хак паманнинче палӑрать.

Буржуалла националистсем пӗр халӑхсене тепӗр халӑхсемпе хирӗҫтерме, вырӑссене хирӗҫ пырас туртӑма аталантарма хӑтланаҫҫӗ. Буржуалла националистсене тӑрӑ шыв ҫине кӑларса, парти хӑйӗн воспитани ӗҫӗнче вырӑс культурин питех те прогрессивлӑ рольне, вырӑс халӑхӗ ҫӗршыври халӑхсен туслӑхне малалла тӗреклетес ӗҫре прогрессивлӑ пысӑк ӗҫ тунине кӑтартса парать.

ССР Союзӗнче национализмӑн хӑшпӗр каяшӗсем пуррипе империализм вӑйӗсем нацисем хушшинче хирӗҫӳсем кӑларма усӑ курма хӑтланаҫҫӗ. Буржуалла националистсем совет обществинче, моральпе политика тӗлӗшӗнчи пӗрлӗхпе тачӑ пӗрлешсе тӑракан обществӑра, пирӗн ҫынсемшӗн ют шухӑша—нацисене хирӗҫтерес идейӑна сарма хӑтланнӑ.

Ленинла-сталинла наци политикине пӑснисене парти хӑюллӑн тӑрӑ шыв ҫине кӑларса, вӗсене татӑклӑн ҫӗтерсе пырать. Ҫавӑн чухне парти тӗрлӗ авантюристсене, карьеристсене — наци политикине пӑснисене хирӗҫ кӗрешес ятпа витӗнсе ултанипе нацисене пӗр-пӗринпе хирӗҫтерме, буржуалла националистсен позицийӗсене ҫирӗплетме хӑтланнӑ ирсӗр ҫынсене тӑрӑ шыв ҫине кӑларчӗ.

Парти ССР Союзӗнчи халӑхсен тӑванла туслӑхне пӑсма тата хавшатма никама та ирӗк парас ҫук, тесе пӗлтерет. Совет Конституцийӗнче халӑхсем пӗртан праваллӑ пулмалли ҫинчен каланисене пӑсма хӑтланакансене пурне те Совет государстви хытӑ айӑпласа наказани парать.

Коммунистсен партийӗ, Совет государстви пирӗн ҫӗршыври мӗнпур расӑсемпе нацисен аслӑ прависене хытӑ хӳтӗлеҫҫӗ. Парти Октябрьти революцин аслӑ ҫӗнтерӗвне—халӑхсен туслӑхне—куҫ шӑрҫине сыхланӑ пекех сыхлать. Парти халӑхсен туслӑхне—совет обществине малалла аталантаракан хӑватлӑ вӑя, Совет государствин ҫирӗплӗхӗпе никам ҫӗнтерейменлӗхӗн ҫӑлкуҫне—пӗрмаях тӗреклетсе пынӑ тата малалла та ҫирӗплетсе пырӗ. Халӑхсен туслӑхӗ пирӗн ҫӗршывра ҫирӗпленсе тата чечекленсе пынӑ чухне пирӗншӗн нимӗнле тӑшман та—шалти тӑшмансем те, тулашри тӑшмансем те хӑрушӑ мар.

Кӑҫалхи август уйӑхӗнче СССР Верховнӑй Совечӗн сессийӗ пулчӗ. Сесси ССР Союзӗнчи халӑхсен никам аркатайми туслӑхне питех те лайӑх кӑтартса пачӗ.

Ҫак сессире СССР Министрӗсен Совечӗн Председателӗ Г. М. Маленков юлташ сӑмах тухса каларӗ. Вӑл промышленноҫпа ялхуҫалӑхӗ енӗпе тӑракан халех татса паналли задачӑсем ҫинчен, халӑх пурнӑҫне малалла лайӑхлатса пыма мӗн тумалли ҫинчен каларӗ, тӗнчери лару-тӑрӑва тӗплӗн сутатса пачӗ. Ҫак сӑмахра питӗ пысӑк задача кӑларса тӑратнӑ: халӑх пурнӑҫне малалла лайӑхлатса пымалла, ҫӑмӑл тата апат-ҫимӗҫ промышленноҫне хӑвӑрт аталантармалла, ялхуҫалӑхне пур енӗпе те пулӑшас ӗҫе организацилемелле, икӗ-виҫӗ ҫул хушшинче халӑх валли апат-ҫимӗҫ тата ҫӑмӑл промышленность валли чӗртавар питӗ нумай туса хатӗрлеме тытӑнмалла.

Г. М. Маленков юлташӑн сӑмахӗнче каланисем советлӑ мӗнпур республикӑсене малалла чечеклентерес, ССР Союзӗнчи халӑхсен туслӑхне ҫирӗплетес задачӑсемпе пӗтӗмпех килӗшсе тӑраҫҫӗ. Пирӗн ҫӗршыври мӗнпур халӑхсем тӑванла Коммунистсен партине шанаҫҫӗ тата юратаҫҫӗ. Вӗсем Коммунистсен партийӗн пӗтӗм совет халӑхӗн пурнӑҫри интересӗсемпе килӗшсе тӑракан политикине пӗрмаях ырлаҫҫӗ, ӑна пурнӑҫлама тӑрӑшаҫҫӗ. Пирӗн аслӑ Тӑван ҫӗршыври ӗҫҫыннисем, Коммунистсен партийӗпе Совет правительстви тавра тачӑ пӗтӗҫсе тӑракансем, коммунизм строительствинче ҫӗнӗ ҫӗнтерӳсем тӑвас ҫулпа ҫирӗппӗн те шанчӑклӑн малалла пыраҫҫӗ.

А. АЗИЗЯН.

## Ӗҫри ҫитӗнӳсем

Атӑл леш енчи торф предприятийӗн коллективӗ кӑҫалхи сезонта нихҫанхинчен те пысӑкрах ҫитӗнӳ турӗ. Предприяти коллективӗ сезонта торф хатӗрлемелли плана срокран 12 кун маларах тултарчӗ. Электростанци валли пысӑк пахалӑхлӑ торф хатӗрленӗ. Е. Тимофеева, Н. Фасхутдинова, Л. Тимофеева юлташсем ертсе пыракан бригадӑсем сезонти плана пӗр уйӑх маларах тултарчӗҫ, планран ирттерсе ҫӗршер тонна торф кӑларчӗҫ. Чӑваш АССР Верховнӑй Совечӗн депутачӗ А. Лукина юлташ ертсе пыракан бригада пуринчен те мала тухрӗ.

Халӗ торф предприятин коллективӗ кӑларнӑ торфа типӗтсе пухас ӗҫе сентябрӗн 5-мӗшӗ тӗлне вӗҫлесе ҫитерессишӗн кӗрешет.

Н. АЛЕКСЕЕВ.

* * *

Илнӗ обязательствӑсене кӑтартуллӑн пурнӑҫлассишӗн кӗрешсе, «Волгохимлес» трестӗнчи химлесхозсен коллективӗсем ӗҫре хӑвӑртлӑха ӳстернӗҫемӗн ӳстерсе пыраҫҫӗ. Июль уйӑхӗнчи производство планне ирттерсе тултарнӑ.

Социализмла ӑмӑртура Улатӑрти химлесхоз малта пырать. Ку химлесхоз иртнӗ уйӑхра сухӑр пухмалли плана 115 процент тултарнӑ.

Ӗҫри ҫитӗнӳсене ҫирӗплетсе, химлесхоз коллективӗсем ҫӗршыва пысӑк пахалӑхлӑ сухӑр ытларах парассишӗн кӗрешеҫҫӗ.

П. ЖИКИН.

* * *

СССР Верховнӑй Совечӗн пиллӗкмӗш сессийӗ йышӑннӑ решенисене тата сессире СССР Министрӗсен Совечӗн Председателӗ Г. М. Маленков юлташ каланӑ сӑмаха Ҫӗмӗрлери «Большевик» завод коллективӗ пысӑк ҫӗкленӳпе кӗтсе илчӗ. Рабочисем продукци ытларах туса кӑларас, унӑн пахалӑхне лайӑхлатас, ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстерес, продукцин хӑйне ларакан хакне чакарас тӗлӗшпе усӑллӑ сӗнӳсем нумай параҫҫӗ.

А. Хусхутдинов, Т. Шефер, Ф. Индряков юлташсем продукци пахалӑхне лайӑхлатассишӗн нумай предприятисем ҫителӗксӗр кӗрешни ҫинчен сесси тӗрӗс асӑрхаттарса хӑварнине палӑртрӗҫ. Ҫапла кӑтартса хӑварни «Большевик» завода та пырса тивет. Ҫавӑнпа та халӗ коллектив экономика тӗлӗшӗнчи кӑтартусене лайӑхлатассишӗн хастарлӑ кӗрешӳ пуҫарчӗ.

Завод ҫичӗ уйӑх хушшинче чылай ҫитӗнӳсем турӗ. Ҫичӗ уйӑхри плана 108,1 процент тултарчӗ; юман экстракчӗ туса кӑларасси, иртнӗ ҫулхи ҫав вӑхӑтпа танлаштарсан, 16 процент ӳснӗ. Ӗҫ тухӑҫлӑхӗ 10 процент ытларах хӑпарнӑ, продукцин хӑйне ларакан хакӗ 5 процент чакнӑ.

Сесси решенийӗсем коллектива ҫӗнӗ ҫитӗнӳсен тӑвассишӗн кӗрешме хавхалантараҫҫӗ.

И. ЕВГЕНЬЕВ.

* * *

Улатӑрти чугун ҫул техникумӗн вӗренӳпе производство мастерскойӗ 8 уйӑхри плана 7 уйӑх та 10 кун хушшинче ирттерсе тултарчӗ. Аш-какай тата арман комбиначӗн коллективӗсем виҫҫӗмӗш кварталти юлашки уйӑх шучӗпе ӗҫлеҫҫӗ.

Тумтир ҫӗлекен мастерской, ҫӑкӑр комбиначӗ, «14 лет Октября» тата «Красный восход» артельсем 8 уйӑхри плана срокчен 20 кун маларах тултарчӗҫ.

И. АННЕНКОВ.

* * *

СССР Верховнӑй Совечӗн пиллӗкмӗш сессийӗ йышӑннӑ решенисем ҫинчен тата Г. М. Маленков юлташ сессире каланӑ сӑмах ҫинчен ӑнлантарса панӑ хыҫҫӑн, Канашри вагонсем юсакан заводра социализмла ӑмӑрту ҫӗнӗ вӑйпа сарӑлчӗ.

— Г. М. Маленков юлташ предприятисен ӗҫне вӑйлатма кирлине, вӗсен экономикӑпа производство кӑтартӑвӗсене лайӑхлатма кирлине палӑртрӗ. Эпӗ хам ӗҫлекен станока тирпейлӗ сыхласа усратӑп, ӑна юсамасӑр нумай вӑхӑт хушши ӗҫлеме, брака пӗтерме, продукцин хӑйне ларакан хакне йӳнетме тӑрӑшатӑп,—терӗ йывӑҫ япаласем хатӗрлекен цехра ӗҫлекен Порфирьев юлташ.

Ку цех коллективӗ июль уйӑхӗнче планран ирттерсе йывӑҫ япаласем нумай туса кӑларнӑ.

Рессорсемпе пружинӑсем хатӗрлекен цехра та ӗҫ лайӑх пырать. Иртнӗ уйӑхра планран ирттерсе 769 комплект рессор, 18 тонна пружина туса кӑларнӑ. Рессорщиксем Петровпа Сорокин, тимӗрҫӗ Рябинин юлташсем уйрӑмах пысӑк тухӑҫлӑ ӗҫленине палӑртмалла. Цех коллективӗ август уйӑхӗнчи плана срокчен 7 кун маларах тултарассишӗн, заводри куҫса ҫӳрекен Хӗрлӗ ялава хӑй аллинчех хӑварассишӗн кӗрешет.

И. ЖУРАВЛЕВ.

## Выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетме тӑрӑшмаҫҫӗ

БРАСНОАРМЕЙСКИ. Сталин ячӗпе тӑракан колхозри кайӑк-кӗшӗк фермин ҫурчӗ патне пынӑ чухне чӑхсем кӑтиклени аякранах илтӗнет. Ҫич-сакӑр чӑх кашта ҫине хӑпарса ларнӑ та ҫӑмарта тумалли йӑвасем пушанасса кӗтеҫҫӗ. Фермӑра кашни 17 чӑх пуҫне пӗр йӑва тивет. Зоотехника вӗрентнӗ тӑрӑх, 6—7 чӑх валли пӗр йӑва кирлӗ. Йӑвасем ҫитмен пирки чылай чӑхсем аякка кайса ҫӑмарта тӑваҫҫӗ. Иртнӗ ҫулта ҫӑмарта илмелли плана колхоз чылай тултарман. Фермӑра чӑхсене пӑхса усрама условисем ҫук. Ҫурчӗ те юмахри пек «чӑх урисем» ҫинче кӑна тытӑнса тӑрать.

Колхозра ӗнесем те сӗт сахал параҫҫӗ. Иртнӗ ҫулта ӗнесенчен сӗт суса илмелли плана ҫуррине те тултарман. Кӑҫалхи 7 уйӑх хушшинче кашни ӗнерен 401 литр кӑна сӗт суса илнӗ. Ӗнесем мӗншӗн сӗт сахал параҫҫӗ? Колхоз кӗтӳ ҫӳретмелли вырӑнсене лайӑхлатас тӗлӗшпе нимӗн те тумасть. Ҫавна пула кунта курӑк начар ҫитӗнет. Ӗнесем хӗлле утӑ та, силос та ҫисе курайманҫҫӗ.

Ӗнесене вӑхӑтра тата таса шывпа шӑварассине йӗркелемен. Эпир пынӑ чухне ӗнесем ял вӗҫӗнчи ҫырмара, хурсемпе сыснасем пӑтратнӑ пӗчӗк пӗве патӗнче выртаҫҫӗ. Вӗсем ҫакӑнтан шыв ӗҫеҫҫӗ иккен. Пӗве патӗнче ҫӑл пур, анчах та ӑна тултарса лартнӑ.

Сысна витине хӗлле хатӗрлеме халӗ те тытӑнман. Ҫумӑр ҫусан витене шыв анать, стенасенче те шӑтӑк-ҫурӑксем чылай. Ку ҫурта урӑх ҫӗре куҫарса юсама палӑртнӑ, анчах ҫак ӗҫе тума тытӑнман-ха.

Ялти пӗчӗк пӗве хӗррипче сыснасем выртаҫҫӗ. Вӗсем патӗнче ларакан ачасемпе каласрӑмӑр.

— Ҫак сыснасене шкулта вӗренме пӑрахнӑранпа эпир, шкул ачисем, виҫҫӗн пӑхатпӑр,— теҫҫӗ вӗсем.

Колхозра сысна ферминче ӗҫлеме ҫынсем уйӑрса лартман. Хӗлле сыснасене колхозниксем черетпе пӑхаҫҫӗ. Ҫакӑн пек чухне фермӑран пӗчӗк тупӑш илни тата сыснасем чирлени, вилни каламасӑрах паллӑ.

Артелӗн лаша вити иккӗ. Вӗсене юсас тӗлӗшпе те нимӗн те туман. Сурӑх, кайӑк-кӗшӗк тата ҫамрӑк выльӑхсем валли ҫуртсем пачах та ҫук. Ҫуртсем ҫитменнипе выльӑхсене хӗлле сивӗ, таса мар тата тӑвӑр ҫӗрте усрама тивет. Ҫавна пула ҫулсеренех колхозра выльӑхсем вилнипе чылай тӑкак кураҫҫӗ.

Мӗнле выводсем тунӑ-ха ҫакӑнтан колхоз руководителӗсем? Пӗлтӗрхи йӑнӑшсене пӗтерме халӗ те тытӑнман. Выльӑх-чӗрлӗхе хӗл каҫарма хатӗрленес ӗҫ начар пырать. Апрель уйӑхӗнче фермӑри ҫуртсене тӗпренех юсас пирки правлени ларӑвӗнче решени йышӑнса хунӑ. Ятарласа 12 ҫынтан строительство бригади организациленӗ. Анчах та бригадӑра 5 ҫын кӑна ӗҫлет, ҫава тухнӑранпа вӗсем иртнӗ ҫул тума пуҫланӑ 80 ӗне вырнаҫмалӑх вите стенисене кӑна туса пӗтернӗ, ҫине витме хатӗрленӗ. Вите урайне сарман-ха, материал ҫук. Ҫак туса пӗтермен ӗне витине ҫумӑрлӑ кунсенче ӗнесем, пӑрусем, сурӑхсем, хурсем хупаҫҫӗ. Ферма патӗнче тымарсимӗҫсемпе ҫӗрулми усрама вырӑн ҫук.

Ферма работникӗсем пурӑнмалли ҫуртра таса мар. Хӗлле пӑрусемпе путексем усранӑ та, унтанпа ҫуман пулмалла.

Колхозра выльӑх апачӗ хатӗрлессишӗн сахал тӑрӑшаҫҫӗ. Халлӗхе силос 60 тонна кӑна хывнӑ. Ҫакӑ вӑл колхозри 160 сыснана ҫитерме те ҫителӗксӗр. Хатӗрленӗ выльӑх апачӗсене шута илсе никама та актпа ҫирӗплетсе паман.

Выльӑх-чӗрлӗх пӑхакансем хушшинчи социализмла ӑмӑрту ҫинчен сӑмах та хускатман. Фермӑна агитаторсем пырса та курмаҫҫӗ. Колхозри пуҫламӑш парторганизаци выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗҫрен аякра тӑнипе пысӑк йӑнӑш тӑвать.

Выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес тӗлӗшпе колхоз начар ӗҫлени районти руководительсемшӗн ик-виҫӗ ҫул каяллах паллӑ. Кун пирки чылай решенисем йышӑннӑ, анчах лав паянхи кун та ҫав вырӑнтах тӑрать.

«Коммунизм ялавӗ» хаҫат бригади:
П. ВИКТОРОВ, А. ПАВЛОВ,
Н. ОРЛОВ.

## Обществӑлла выльӑх-чӗрлӗх валли

КОМСОМОЛЬСКИ. Районти колхозсем ялхуҫалӑх ӗҫӗсене ӑнӑҫлӑн туса пыма тӑрӑшаҫҫӗ. Ытти ӗҫсемпе пӗрлех обществӑлла выльӑх-чӗрлӗх валли апат хатӗрлес ӗҫ те анлӑн пулса пырать. Молотов ячӗпе тӑракан колхоз кӑҫал выльӑх апачӗ пӗлтӗрхинчен чылай нумайрах хатӗрлет. 88 гектар ҫинчен нумай ҫул ӳсекен курӑк, 44 гектар утӑлӑх вика ҫулса, капана хывнӑ, 30 лав ҫӑка милки, 80 центнер витаминлӑ курӑк хатӗрленӗ.

Ҫак кунсенче колхоз 300 тонна силос хыврӗ, силос хывмалли плана тултарчӗ. Силос хывма кукурузӑпа, хӗвелҫаврӑнӑш тунипе тата ытти тӗрлӗрен курӑксемпе усӑ курнӑ.

Ҫавӑн пекех «Знамя коммунизма», Сталин ячӗпе тӑракан колхозсем те силос хывмалли плана тултарчӗҫ.

Л. ТАЛЛЕРОВ.

## Государство пулӑшӑвӗ

ЕТӖРНЕ. Нумай ачаллӑ амӑшӗсене государство ҫулсеренех пысӑк пулӑшу парать.

Ҫак ҫулта районта 974 хӗрарӑма 500 пин тенкӗ пособи укҫи панӑ.

Нумай ачаллӑ 998 хӗрарӑма «Ача амӑшӗн мухтавӗ» орденӗсемпе медалӗсем парса наградӑланӑ.

И. ПЕТРОВ.

## *Литература кружокӗ*

ОКТЯБРЬСКИ. Районти «Хӗрлӗ Октябрь» хаҫат редакцийӗ ҫумӗнче литература кружокӗ йӗркеленӗ. Кружок членӗсем алӑпа ҫырса литература журналӗ кӑлараҫҫӗ. «Хӗрлӗ Октябрь» хаҫатра литература кӗтесӗ туса, унта кружок ӗҫӗсем ҫинчен, кружок членӗсен сӑввисене, калавӗсене пичетлесе кӑлараҫҫӗ. Литература кружокӗн занятийӗсем уйӑхра икшер хут пулаҫҫӗ.

И. ГАЛКИН.

Чехословаки Республики. Прага-Высочанйри Шверма ячĕпе тăракан машинăсем тăвакан завод автомобиль çине вырнаçтарса лартнă крансем туса кăларнă. Çав крансене Китай Халăх Республики валли тунă. Кун пек кранпа 4 тонна таякан япалана çĕклесе урăх вырăна куçарса хума пулать. Китай Халăх Республикин заказне план тăрăх кăçалхи сентябрьте пурнăçламалла пулнă. Рабочисем пысăк çĕкленӳпе ĕçлесе заказа срокчен пурнăçланă.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Чехословакире туса кăларнă, автомобиль платформи çине вырнаçтарса лартнă кран.

ЧЕХОСЛОВАКИРИ ТЕЛЕГРАФ АГЕНТСТВИН ФОТОУКЕРЧĔКĔ.

## Польша Халăх Республикин правительстви пĕлтерни

ВАРШАВА, августăн 24-мĕшĕ. (ТАСС). Польшăри хаçатсем паян Польша Халăх Республикин правительстви Германи ыйтăвĕ тĕлĕшпе пĕлтернине пичетлесе кăларнă. Унта çапла каланă:

«Польша Халăх Республикин правительстви Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн правительстви Германи ыйтăвĕ тăрăх йышăннă решение чĕререн саламлать.

Çак решенисем Европăра çирĕп мир туса хума, Хĕвеланăç Германирен çĕнĕ вăрçăн хăрушă вучахĕ туса хума хăтланакан империалистсен ирсĕр ĕçĕсене путлантарса лартма, çавăн пекех тата пĕрлешнĕ, демократиллĕ, мире юратакан Германи туса хума пулăшаççĕ.

Çак решенисем пĕтĕм халăхсемшĕн, вăл шутра Германи кӳрши пулса тăракан Польша халăхĕшĕн те, пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ, мĕншĕн тесен Польша халăхĕ темиçе хутчен те Германи милитаризмĕ тапăнса килнипе асап курнă.

Çак решенисем Польша хăрушсăрлăхне тĕреклетеççĕ, реваншистсемпе ревизионистсен ирсĕр ĕçĕсене, çавăн пекех тата вĕсене хӳтĕлесе тăракан çынсен усал ĕçĕсене хиттăн пырса çапаççĕ, пĕтĕм Германе мирпе демократи вăйĕсене ӳстереççĕ. Çак вăйсене Демократиллĕ Германи Республики палăртса тăрать.

Германи репарацисем тĕлĕшпе йышăннă обязательствăсене чылай енчен пурнăçланине шута илсе, Германин экономикăлла ĕçĕсене лайăхлатни ăна мирлĕн аталантармалли интерессене тивĕçтернине шута илсе, Польша Халăх Республикин правительстви, Германи ыйтăвне мирлĕ тата демократиллĕ никĕс çинче йĕркелес ĕçе хăй енчен малашне те пулăшса пыма тăрăшса, çавăн пекех тата Польша халăхĕн тата мире юратакан мĕнпур халăхсен интересĕсене шута илсе, 1954 çулхи январĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа Германирен репараци илсе тăрассине чарса лартма решени йышăннă.

Çак решенисем Германи халăхне хăйĕн экономикине тĕреклетес ĕçре кăна мар, çавăн пекех тата пĕрлĕх туса хума, пĕрлĕхлĕ, демократиллĕ Германи государстви туса хума кирлĕ условисем хатĕрлес ĕçре те чылай пысăк пулăшу параççĕ, тесе СССР правительстви шанса тăнипе Польша правительстви пĕтĕмпех килĕшет. Польша халăхĕ шăпах та çакăн пек тăвассишĕн тăрать ĕнтĕ».

## Вильгельм Пик правительство делегацине йышăннă

БЕРЛИН, августăн 24-мĕшĕ. (ТАСС). АДН агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Демократиллĕ Германи Республикин президенчĕ Вильгельм Пик Демократиллĕ Германи Республикин премьер-министр Отто Гротеволь ертсе пыракан правительство делегацине, Совет Правительствипе калаçусем ирттерсе ĕнер Мускавран таврăннă хыççăн, паян хăйĕн Нидершенхаузенри (Берлин) резиденцийĕнче йышăннă.

Правительство делегацийĕ президента Совет Правительствипе иртнĕрнĕ калаçусен результачĕсем çинчен каласа панă.

## Монголи Халăх Республикинче участоксенчи халăх сучĕсен суйлавне хатĕрленеççĕ

УЛАН-БАТОР, августăн 24-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Монголи Халăх Республикин Аслă Халăх Хурал Президиумĕ участоксенчи халăх сучĕсене суйламалли положени çирĕплетнĕ. Суйлав кăçалхи октябрĕн 18-мĕшĕнче пулать. Монголи Халăх Республикин историйĕнче пирвайхи хут судсене халăх пурне те тивĕç, пĕр тан тата тӳрех суйламалли правăпа вăрттăн сасăласа суйлать.

### *Корейăри перемири пирки*

ПЕКИН, августăн 22-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ августăн 21-мĕшĕнче Кэсонран çапла пĕлтернĕ:

Корейăпа Китай енĕ демаркаци линийĕ тăрăх августăн 17-мĕшĕнче чикĕ паллисене лартса пĕтернĕ. Анчах çав ĕçе пĕтĕмпе тĕрĕслесе тухма май çук-ха, мĕншĕн тесен Америка енĕ ку тарана çитсе те демаркаци зонин чылай секторĕсенче чикĕ паллисене лартса пĕтермен.

### Тыткăнри çар çыннисене тавăрса пани

ПЕКИН, августăн 22-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ Кэсонран çапла пĕлтернĕ:

Августăн 22-мĕшĕнче Корейăпа Китай енĕ Америка енне тыткăнра пулнисене 437 çын тавăрса панă. Çав шутра: 94 американец, 23 акăлчан, 13 канадец, 3 австралиец, 2 француз, 1 турок, 1 колумбиец тата 300 çын Кăнтăр Корейăран.

Америка енĕ Корея Халăх çарĕн тыткăна лекнĕ çыннисене 2.402 çын тавăрса панă.

### АМЕРИКА ÇАР КОМАНДОВАНИЙĔ ЧĂНЛĂХРАН ХĂРАТЬ

НЬЮ-ЙОРК, августăн 24-мĕшĕ. (ТАСС). Ассошиэйтед Пресс агентствин корреспонденчĕ Сан-Францискăран пĕлтернĕ тăрăх, вырăнти чылай хаçатсен корреспонденчĕсем США-н Инçет Хĕвелтухăçĕнчи хĕçпăшаллă вăйĕсен командованийĕ кăларнă приказа хирĕç протест панă. Çак приказ тыткăнран таврăннă çар çыннисене хăйсем Корейăра тыткăнра пулни çинчен хаçат представителĕсене каласа пама чарать.

Приказра каланă тăрăх, тыткăнран таврăннă çар çыннисем США çарĕн официальнăй представителĕсем умĕнче кăна хаçат представителĕсемпе калаçма пултараççĕ. Çар представителĕсен калаçу мĕнле пулнине тĕрĕслесе тăмалла.

### АРАБ ÇĔРШЫВĔСЕМПЕ АЗИРИ ÇĔРШЫВСЕН УЙРĂМĂН ООН-ăн ХĂРУШСĂРЛĂХ СОВЕТНЕ ЯНĂ ÇЫРУ

НЬЮ-ЙОРК, августăн 22-мĕшĕ. (ТАСС). Юнайтед Пресс агентствин ООН çумĕнчи корреспонденчĕ пĕлтернĕ тăрăх, араб çĕршывĕсемпе Азири çĕршывсен представителĕсем Мароккăри ĕçсем çинчен Хăрушсăрлăх Совечĕн председательне çыру ярса панă. Унта çапла каланă:

«Эпир, Афганистан, Бирма, Египет, Инди, Индонези, Иран, Ирак, Ливан, Либери, Пакистан, Филиппин, Саудовски Арави, Сири, Таиланд тата Йемен представителĕсем, Франци влаçĕсем Марокко ĕçĕсене законсăр хутшăннă пирки тата Мароккăн законлă султанне вырăнтан кăларнă пирки пулса тăнă тĕнчери ĕçсене, тĕнчери мирпе хăрушсăрлăхшăн пулса тухнă хăрушлăха тĕрĕслесе тухма, 35/1 статья тăрăх, Хăрушсăрлăх Совечĕн ларăвне васкавлăн пухма, устав тăрăх сирĕнтен тивĕçлĕ мерăсем йышăнча ыйтатпăр».

### ХĔВЕЛАНĂÇ ГЕРМАНИРЕ КОМПАРТИЕ ХĔСĔРЛЕÇÇĔ

БЕРЛИН, августăн 24-мĕшĕ. (ТАСС). АДН агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Бонри шалти ĕçсен министрĕ Лер çапла каласа панă: Хĕвеланăç Германири Карлсруэ хулинчи конституци сучĕ кăçалхи ноябрь уйăхĕнче коммунистсен партине ĕçлеме чарса лартас тĕллевпе суд ĕçĕ пуçарать.

## Францири забастовка

ПАРИЖ, августăн 22-мĕшĕ. (ТАСС). Парижри хаçатсем «Форс увриер» тата «Христианла ĕççынниссен конфедерацийĕ» ятлă профсоюзсен раскольникла руководствипе правительство хушшинче тунă килĕшӳре нимĕн çинчен каланине пĕлтереççĕ. Демократиллĕ хаçатсем çав килĕшĕве «раскольниксен çĕнĕ ултавлă ĕçĕ» тесе ят параççĕ. Правительство сентябрĕн 30-мĕшĕнче коллективлă договорсем енĕпе ĕçлекен аслă комиссие пухма, забастовка тăвакансене хирĕç нимĕнле наказани йышăнмасăр хăварма, пенсисем пирки чрезвычайнăй декретсемпе усă курасси çинчен профсоюзсемпе (сăмах профсоюзсен раскольникла руководстви пирки пырать) калаçса пăхма, сахал ĕç укçи илекен работниксем тĕлĕшпе хускатнă ыйтăва «майлă» пăхса тухма тата вырăнта коллективлă договорсем тăвас ĕçе хăвăртлатас тĕлĕшпе «предпринимательсене хĕтĕртме» сăмах панă.

Забастовка тăвакансем вара, пăлхă ĕнтĕ, правительствăн чрезвычайнăй декречĕсене йăлтах пăрахăça кăларма тата пурнне те ĕç укçи ӳстерме ыйтнă.

Францири демократиллĕ общественность тата забастовка тăвакан ĕççыннисем çак ултавлă килĕшӳ çинчен пĕлнĕ хыççăн хытă тарăхнă. «Çав раскольникла руководительсем,— тесе çырать паян Пĕтĕм Францири ĕç конфедерацийĕн секретарĕ Гастон Монмуссо «Юманите» хаçатра,— хăйсен профсоюзĕсен членĕсемпе калаçса пăхмасăрах, хăйсен ырă ятне сыхласа хăварма ĕмĕтленсе, правительствăн пушă сăмахĕсем хыççăн кайса, ĕççыннисен интересĕсене сутнă. Вĕсен киревсĕр килĕшĕвĕ правительствăн ĕççыннисене чухăна кăларакан декречĕсене нимĕн тĕкĕнмесĕр хăварать. Забастовка тăвакансем шăпах çав декретсене хирĕç кĕрешӳ пуçласа янă та ĕнтĕ... Кĕрешӳ хĕрсе çитнĕ вăхăтра ĕççыннисен интересĕсене сутни тата тепĕр ĕçе—хăшпĕр буржуалла политикăлла партисем парламент пухассине сирсе яма хăтланнине пулăшать».

«Юманите» хаçат çапла çырать: «христианла ĕççыннисен конфедерацийĕ» тата «Форс уврие» профсоюзсен рядовой членĕсем, хăйсен профсоюзĕсен руководстви хушнине пăхмасăрах, чугун çул транспортĕнче те, почтăпа телеграфра тата телефон станцийĕсенче забастовка тума чарăнман. Ĕнер Парижри ĕç биржинче забастовка тăвакансен митингĕ пулса иртнĕ, унта çыхăну ĕçĕнчи работниксен тĕрлĕ профсоюзĕсенче тăракансем пурĕ 20 пин çын пулнă. Митингра йышăннă резолюцире çапла каланă: «Париж районĕнчи почтăсенче, телеграфпа телефон станцийĕсенче ĕçлекен 20 пин çын «христианла ĕççыннисен конфедерацийĕн» тата «Форс уврие» руководителĕсен сутăнчăкла ĕçĕсене тăрă шыв çине кăларать. Митинга пухăннисем почтăра ĕçлекен мĕнпур арçынсемпе хĕрарăмсене пĕрпĕрне питĕ тачă çыхăнса малалла çирĕп кĕрешме чĕнеççĕ. Çав кĕрешӳ ăнăçлăн вĕçленессе эпир çирĕп шанса тăратпăр».

«Христианла ĕççыннисен конфедерацийĕ» тата «Форс уврие» профсоюзсен Парижри тата Париж районĕнчи вырăнти организацийĕсем забастовкăна малалла тăсма чĕннĕ. Парижăн нумай округĕсенче почтăсенче, телеграфпа телефон станцийĕсенче ĕçлекенсем паян та забастовка тăваççĕ.

Францин провинцири ытти нумай хулисемпе департаменчĕсенчи почтăсенче ĕçлекенсем те забастовка тума чарăнман.

«Юманите» хаçат çапла çырать: профсоюзсен пур организацийĕсем те йышăннă тăрăх Клермон-Ферран, Лион, Тур, Нант, Монлюсон, Дижон-Ренн, Тулуза тата Францири ытти нумай хуласенче чугун çул çинче ĕçлекенсем забастовкăна малалла тăсма йышăннă.

«Юманите» хаçат тата çапла çырать: газ тата электричество промышленноçĕнче ĕçлекен рабочисен пĕрлĕхне аркатма хăтланнинчен нимĕн те тухман. Промышленноçăн çак отраслисенчи рабочисене пĕрлештерсе тăракан профсоюз федерацийĕсем паян пурте пĕр кăмăллă пулса забастовка тăваççĕ.

Металлурги тата металран япаласем тăвакан промышленноçсенче те забастовка сарăлса пырать. Монлюсон, Тулуза, Лион, Анже, Марсель, Ницца, Брест хулисенчи металлистсем пурте забастовка тăваççĕ. Çавăн пекех Париж районĕнчи нумай предприятисенче ĕçлекен рабочисем (çав шутра «Рено» завочĕсенчи рабочисем те пур цехсенче тенĕ пекех) забастовка тăваççĕ. Мерт тата Мозель департаментĕнчи предприятисенче те забастовка пырать.

Çĕр кăмрăк промышленноçĕнчи рабочисем те забастовка тума чарăнман. Юлашки кунсенче хими промышленноçĕнче те забастовкăсем анлăн сарăлнă. Нант хулинчи «Дюбо тата горже», химилле удобренисем тăвакан «Кюльман» тата «Компани Борделез» завочĕсенчи рабочисем те ĕнертен пуçласа забастовкăна хутшăннă. Пир-авăр промышленноçĕнчи забастовка Анатри Сена. Сомма тата Уаза департаменчĕсенчи çĕнĕ предприятисене сарăлнă.

Парижри тата провинцири чылай хуласенчи пекарньăсенче ĕçлекенсем виçĕ кун хушши забастовка тума йышăннă.

## Наци пухăвĕн бюровĕ парламентăн чрезвычайнăй сессине пухма килĕшмен

ПАРИЖ, августăн 24-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Наци пухăвĕн бюровĕн ларăвĕ пулса иртнĕ. Ларура тепĕр хут парламентăн чрезвычайнăй сессине пухасси çинчен сӳтсе явнă. «Энформасьон» хаçат çапла пĕлтерет: бюро ларăвĕ уçăлас умĕн, Наци пухăвĕн председателĕ Эдуард Эррио туса хунă йĕрке тăрăх, сесси пухма ыйтса 208 депутат алăпа çырса панă требованисене регистрациленĕ. Çапла ĕнтĕ, сесси пухма кирли çинчен «çирĕплетсе калама» пĕр сасă кăна çитмест. Конституци тăрăх, сесси пухма 209 сасă пулни кирлĕ. Сесси пухма телеграф тăрăх ыйтнă депутатсен йышĕ çак шутран та иртет.

Франс Пресс агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Наци пухăвĕн бюровĕ парламент сессине пухмалла мар тунă. Çак сĕнӳшĕн 10 сасă пулнă. 8 депутат хирĕç сасăланă, 2 депутат нихăш майлă та сасăламан. Бюро: сесси пухма «сасăсем çителĕксĕр», тенĕ.

### ВЕНГРИРЕ ФИЗИКСЕН СЪЕЗЧĔ ПУХĂННА

БУДАПЕШТ, августăн 24-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Будапештра Венгри Халăх Республикин Наука академийĕ тата Лоранд Этвеш ячĕпе тăракан наукăлла физика обществи пухнă Венгри физикĕсен пĕрремĕш съезчĕ уçăлнă. Съезд ĕçне Совет Союзĕн, Польша, Чехословаки, Болгари ученăйĕсем хутшăнаççĕ.

### Совет шахматисчĕсем Швейцарие тухса кайнă

Августăн 24-мĕшĕнче Мускавран Цюриха (Швейцари) тĕнчери шахмат турнирне хутшăнма совет шахматисчĕсем — Ю. Авербах, И. Болеславский, Д. Бронштейн, Е. Геллер, П. Керес, А. Котов, Т. Петросян, В. Смыслов тата М. Тайманов гроссмейстерсем тухса кайнă.

Цюрихри турнир суйласа илмелли ăмăрту пулса тăрать. Пĕтĕм тĕнчери шахмат федерацийĕ йышăннă система тăрăх. Цюрихри турнирта çĕнтернĕ шахматист тĕнчере мала тухассишĕн пыракан матчра тĕнче чемпионĕпе М. Ботвинникпа тĕл пулса вылять. Ку матч 1954 çулта пулать.

Цюрихри турнир икĕ пайран тăрать, вăл октябрь уйăхĕ вĕçне çитиччен пырать.

Цюрихри турнира çавăн пекех тата гроссмейстерсем: Л. Сабо. (Венгри), Г. Штальберг (Швеци), М. Эйве (Голланди), М. Найдорф (Аргентина), С. Решевский (США) тата С. Глигорич (Югослави) хутшăнаççĕ.

Цюрихра 15 гроссмейстер хушшинче пулса иртекен турнир шахмат енĕпе кăçалхи чи пысăк ăмăрту пулать. Турнир августăн 29-мĕшĕнче уçăлмалла. (ТАСС).

### В. И. ЛЕНИН СОЧИНЕНИЙĔСЕН 23-МĔШ ТОМНЕ РУМЫН ЧĔЛХИПЕ КĂЛАРНĂ

БУХАРЕСТ, августăн 24-мĕшĕ. (ТАСС). Румынири политикăлла литература издательстви В. И. Ленин сочиненийĕсен 23-мĕш томне румын чĕлхипе пичетлесе кăларнă.

### ПАЯН «СОВЕТСКАЯ ЧУВАШИЯ» ХАÇАТРА

**Умстатья.**—Тырпул пухса кĕртес ĕçе хăвăртрах вĕçлемелле.

Республикăри предприятисенче çулталăкри плана срокчен тултарассишĕн ăмăрту мĕнле пыни çинчен.

**А. Азизян.**—Халăхсен туслăхĕ—нумай нациллĕ Совет государствин тĕп никĕсĕ.

**И. Данилов, Г. Семенов, А. Титов, В. Сергеев.**—Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç çине тимлĕ пăхмаççĕ (Етĕрне районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхоз çинчен).

Ют çĕршывсенчен, Совет Союзĕнчи тата республикăри тĕрлĕ вырăнсенчен килнĕ хыпарсем.

## Çăмăл атлетсен республикăри ăмăртăвĕ

Августăн 22—23-мĕшĕсенче Шупашкарти «Энергия» спорт обществин стадионĕнче профсоюзсем енĕпе республикăра мала тухассишĕн çăмăл атлетсен ăмăртăвĕ пулса иртрĕ. Ăмăртăва профсоюзсем çумĕнчи спорт обществисен, профсоюз обкомĕсен тата промышленность предприятийĕсем çумĕнчи физкультурăпа спорт коллективĕсен сборнăй командисем хутшăнчĕç.

Спорт обществисем енĕпе «Энергия» спорт обществин коллективĕ малти вырăна тухса куçса çӳрекен приз илчĕ. Çак обществăн командинче Шупашкарти электроаппаратура заводĕнче ĕçлекен çăмăл атлетсем пулчĕç. «Искра» спорт обществин спортсменĕсем иккĕмĕш вырăна, «Медик» общество команди виççĕмĕш вырăна тухрĕç. Шупашкарти чăлха фабрикин команди пуçламăш коллективсем валли тунă куçса çӳрекен парне илчĕ.

Çăмăл атлетсен ăмăртăвĕ чылай профсоюзсен организацийĕсем физкультурăпа спорт ĕçне вăйлатас тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçленине кăтартса пачĕ. Вĕсем хăйсен спорт обществисем мĕнле ĕçленипе, предприятисенчи физкультурăпа спорт коллективĕсен ĕçĕпе сахал интересленеççĕ. Çавна пула çăмăл атлетсен кăçалхи ăмăртăвĕнче нумай участниксем паха çитĕнӳсем тăваймарĕç. Ăмăртура мала тухса приз илме тивĕçлĕ пулнисен результачĕсем те Пĕтĕм Союзри виççĕмĕш разрядпа кăна танлашаççĕ. Уйрăммăнах «Буревестник», «Знамя» спорт обществисен, финанспа банк работникĕсен, вырăнти промышленность тата суту-илӳ работникĕсен профсоюзĕсем питех те начар хатĕрленнĕ коллективсем тăратнă. Çав обществăсемпе профсоюзсен командисенчи çăмăл атлетсем спорт техникине питĕ начар пĕлеççĕ.

Ăмăртура чи малти вырăна тухассишĕн «Энергия», «Искра» тата «Медик» спорт обществисен командисем кĕрешрĕç. «Энергия» спорт обществин çăмăл атлечĕсем малти 14 вырăна, «Искра» спортсменĕсем—9 вырăна йышăнчĕç. «Медик» спорт обществин команди икĕ енĕпе малти вырăна тухрĕ.

Вăрăмăшне сикес, барьерсем урлă сиксе 110 метр чупас тата чупса пырса виçĕ хут сикес тĕлĕшпе Е. Бортлицкий («Энергия») лайăх тĕслĕх кăтартрĕ. Çак общество членĕ Л. Емельянова 100 тата 400 метр хăвăрт чупса тухас, çӳллĕшне тата вăрăмăшне сикес тĕлĕшпе малти вырăна йышăнчĕ. Е. Покарева диск ывăтас, йĕтре тĕртес тата барьер урлă сиксе 80 метр чупас енĕпе мала тухса «Энергия» спорт обществин командине çĕнтерӳ тума пулăшрĕ. 800 тата 1.500 метр хăвăрт чупса тухса «Энергия» спорт обществин представителĕсем Е. Мишенкина, С. Усов малти вырăна йышăнчĕç. Çавăн пекех арçынсен тата хĕрсен 4 × 100 эстафетăллă чупура «Энергия» спорт обществин çăмăл атлечĕсем çĕнтерӳ турĕç.

«Искра» спорт обществин представителĕ В. Байдеряков 10 километр хăвăрт утса тухса пĕррремĕш вырăн йышăнчĕ, республикăра çĕнĕ рекорд турĕ. Çак дистанцие вăл 54 минут та 40 секундра утса тухрĕ. Етĕрнери «Искра» спорт обществин çăмăл атлечĕ И. Шмельков сăнă тата граната ывăтас, çавăн пекех тата йĕтре тĕртес тĕлĕшпе пĕрремĕш вырăна тухрĕ. Л. Толстов («Искра») 400 метра пуринчен хăвăрт чупса тухрĕ. СССР спорт мастерĕ М. Гущина сăнă тата граната ывăтас тĕлĕшпе «Искра» командине çĕнтерӳ тума май пачĕ. 5.000 метра ăмăртса чупса Ю. Кириллов («Искра») финиш патне чи малтан çитрĕ. Çак обществăн представителĕ П. Петухов спортсмен шалчапа çӳлелле сиксе лайăх тĕслĕх кăтартрĕ.

Финалта 100 метр ăмăртса чупса, арçынсенчен П. Романов («Медик») çĕнтерчĕ, йĕтре тĕртсе А. Моисеев («Медик») пĕрремĕш вырăн йышăнчĕ.

Редактор заместителĕ
М. Н. ЯКИМОВ.

*Врач канашĕсем*

## Вар-хырăм чирĕсенчен сыхланмалли майсем

Çулла тата кĕркунне вар-хырăм чирĕсем сарăлма пултараççĕ. Вĕсенчен йывăр иртекенни дизентери пулать. Ăна саракан микробсем питĕ пĕчĕк, вĕсене микроскоппа кăна курма май пур. Дизентери ерсен, çын вĕриленсе каять (температура ӳсет), пĕтĕм шăмшак йывăрланать, вар чике-чике хытă ыратать, час-часах тула чуптарать. Çăмăл дизентери пулсан, вăр ытлах ыратмасть, çын хăйне сывлăх лайăх чухнехи пекех туять.

Дизентери çăмăл чухне те вăраха кайсан çын сывлăхне хавшатма пултарать. Хăш чухне ку чир темиçе уйăха та пырать, сайра хутра темиçе çула пынии те пулать. Çавăн пек нумая пыракан дизентерие мĕнле пĕлмелле?

Ун пек чухне чирлĕ çыннăн вăхăтран-вăхăта вар ыратма пуçлать, тула час-часах хăвалать, хăш чухне юнлă пулать. Çынна хутран-ситрен йывăр, шăмшак ыратнă пек туйăнать, унтан вăл чиперех самайланать, вара темиçе кун хушши лайăххах çӳрет, сывлăх пĕтĕмпех тӳрленсе ситнĕ пек туйăнать, анчах часах тепĕр хут вар ыратма пуçлать. Çакă вара вăраха пыракан дизентери йывăра кĕрсе кайнине пĕлтерет.

Дизентерипе (юнлă варвиттипе) чирленĕ çынна хăвăртрах больницăна вĕçес пулать. Больницăна вăхăтра пырса выртман е киленех сывалма тăрăшакан çынсен чирĕ яланах тенĕ пек нумай вăхăта тăсăлать, çын сывлăхне хытă хавшатать.

Юлашки çулсенче варвиттинчен сыватма çĕнĕ эмелсем тума пуçларĕç: сульфидин, сульфазол, дисульфан, синтомицин, этазол т. ыт. те. Анчах вăл эмелсене врач хушнипе анчах ĭша йышăнма юрать. Пĕлмесĕр йышăнсан, сывлăхшăн сиен пулма пултарать.

Дизентерирен сыватас, уйрăмах ку чир ересрен сыхланас ĕçре бактериофаг пысăк вырăн йышăнса тăрать. Бактериофаг дизентери микробĕсене пĕтерет. Дизентери бактериофагне вĕсвари ăша илеççĕ. Вăл шĕвекки те пулать, таблеткăпа та пулать. Бактериофаг ĕçес умĕн пĕр кашăк сода шывĕ ĕçес пулать, пĕр стакан шыв çине пĕр чей кашăкĕ сода ярса ирĕлтермелле. Дизентери чирĕ ересрен бактериофага чирлĕ çынпа хутшăнакансене параççĕ, сăмахран, пĕр суртри е пĕр хваттерти çынсене.

Дизентери чирĕ кирек хăçан та пулма пултарать, анчах та вăл пуринчен те ытларах çу кунĕсемпе кĕркунне сарăлать.

Дизентери микробĕ çын ăшне апатпа пĕрле е шывпа лекет. Лекнĕ хыççăн 2—5 кунтан варвитти пуçланать.

Дизентерипе чирлĕ çынсем хăйсемпе хутшăнакан çынсене яланах чир ертме пултараççĕ. Ку тĕлĕшпе нумая пыракан çăмăл дизентери пуриех хăрушă, мĕншĕн тесен ун пек чухне врача та чĕнмеççĕ, больницăна та каймаççĕ, вара чир бактерийĕсем сывăхри çынсем хушшинче сарăлма пултараççĕ. Ун пек çынсенчен бактерисем апат-çимĕçе е шыва лексен, дизентери чирĕ халăх хушшине сарăлать. Дизентерипе чирлени палăрсан (варвитти пуçланать, температура ӳсет) çийĕнчех врач патне каймалла. Дизентерипе чирленĕ çынна хăвăртрах больницăна леçес пулать. Унта кирлĕ пек пăхнине вăл хăвăртрах сывалать. Дизентерипе чирленĕ çынна киленех, больницăна леçиччен, лайăхрах пăхма тăрăшас пулать, сыхăнуллă пулмалла: сывăрма уйрăм вырăн уйăрса памалла, алшăллисем те унăн хăйĕн пулмалла, апат уйрăм чашăк-тирĕксенчен çитермелле.

Чирленĕ çынсен кĕпи-йĕмĕсене, простыньăсене çунă чухне шыв çине сода е кĕл ярса 20—30 минут хушши вĕретмелле. Вăл çинĕ чашăк-тирĕксене те сода шывĕпе çумалла. Вăл тула тухнă вырăнсене бактерисене пĕтерекен растворпа, сăмахран, известь шывĕпе сапмалла. Известь шывне çапла хатĕрлемелле: пĕр пай çунтарман известь çине икĕ пай шыв ярса хутшăнтармалла. Известь шывне хатĕрленĕ чухне вăл куçа сиплесрен асăрханас пулать. Известь растворĕ тума май килмесен, вĕри шывпа сапмалла. Дизентери чирĕпе чирленĕ çын пулнă пӳртри урайне, стенасене, алăк хăлăпĕсене вĕри шывпа, супăньпе çуса тасатас пулать.

Яланах çакна пĕлсе тăмалла: дизентери бактерийĕсем пуринчен ытла хура аллăран ересçĕ. Çавăнпа та чирлĕ çынпа хутшăнмалла пулсан, вăл усă курнă япаласене тытма тивет пулсан, апат умĕн, тула тухсан кашнинчех аллăсене лайăх çуса тасатмалла. Çак правилăна дизентери тата вар тифĕпе тин çеç чирлесе иртернĕ çынсем уйрăмах çирĕп тытса пымалла.

Дизентерипе вар тифне шăнасем те сараççĕ. Шăнасем апат-çимĕç çине, чашăк-тирĕк çине лараççĕ, вара çав апат-çимĕç çинче те, чашăк-тирĕк çинче те чир бактерийĕсем юлаççĕ. Çав апат-çимĕçе çиекен е çав чашăк-тирĕкпе усă куракан çынна дизентери е вар тифĕ ерме пултарать.

Шăнасене пĕтерес пулать. Вĕсене пĕтермелли эмелсене аптека магазинĕсенче сутаççĕ. Шăнасене ДДТ тата Дуст порошокĕсем те лайăх пĕтереççĕ. Вĕсене шăнасем ларакан вырăнсене сапса тухмалла. ДДТ тата Дуст препарачĕсем те çыншăн сиенлĕ мар. Вĕсем хăнтласемпе таракансене те пĕтереççĕ. Шăнасем пӳрте, столовăйсене, кухньăна, апат-çимĕç склачĕсене вĕçсе ан кĕччĕр тесе, чӳречесене марлĕ карас пулать.

Дизентери пуринчен ытла апат-çимĕç е шыв урлă ерет тенĕччĕ. Çавăнпа та чĕрĕ шыв ĕçмелле мар, вĕретнĕ шыв кăна ĕçмелле. Сĕт те вĕретмесĕр ĕçмелле мар, вĕретсе ĕçес пулать. Вĕретнĕ чухне дизентери бактерийĕсем пĕтеççĕ. Пахча çимĕçсене çумасăр çиме кирлĕ мар. Апат-çимĕçе, чашăк-тирĕке яланах витсе хумалла, вĕсем çине шăнасем ан ларччăр. Çавăн пекех апат-çимĕçе çуман аллăсемпе тыткаламалла мар.

Дизентерипе тата вар тифĕпе чирлессинчен сыхланас тесе, прививка тутарас пулать, унтан шанчăкли нимĕн те çук. Прививка тунă çынна дизентери чирĕ ермест. Прививкăна врач хушнипе тăваççĕ.

Дизентерипе е вар тифĕпе чирленĕ çынсене çавăнтах больницăна леçмелле, кил-çурта лайăх тасатмалла. Кил хушшине таса тытмалла. Çăпсене тасамарлăхсем лекесрен асăрхаса тăмалла.

Санитари минимумне пăхăнса, таса пурăнакан çыншăн дизентери чирĕ хăрушă мар.

Врач Н. ПАЙРАШ.







РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-99, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00484 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Тираж 20.000 экз.